ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
8
ВЫРСАРНИКУН
№ 48 (8957)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

*Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, çак хурлăхлă кунсенче партипе халăха чĕнсе каласа, çакна çирĕппĕн шанса тăраççĕ: парти тата пирĕн Тăван çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем Центральнăй Комитетпа Совет Правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçĕç, хăйсен мĕнпур вăйĕпе творчествăллă хăватне хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерес аслă ĕçе хурĕç.*

(КПСС Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чĕнсе каланинчен).

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Питĕ çирĕп пĕтĕçӳпе пĕрлĕх

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕ йышăннă постановлени пичетленсе тухрĕ. Политикăллă çак пысăк документа партипе пĕтĕм совет халăхĕ пĕр кăмăлпа ырласа йышăнаççĕ.

Çак хурлăхлă кунсенче, пирĕн аслă çулпуçăмăрпа юратнă учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин пирĕнтен уйрăлса кайнă кунсенче, партипе халăх Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçеççĕ.

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ,—тесе каланă постановленире,—пирĕн партипе çĕршывăн килсе тухнă çак йывăр вăхăтра партипе правительствăн питех те кирлĕ задачи вăл — çĕршывăн пĕтĕм пурнăçне йĕркеллĕн те тĕрĕс ертсе пымалла тăвасси пулать тесе шутлаççĕ, çакă вăл, хăй черечĕпе, руководствăна питĕ пĕтĕçӳллĕ пулма, нимĕнле йĕркесĕрлĕх те тата паника та пулмалла мар тума хушать, çапла вара пирĕн партипе правительство туса хатĕрленĕ политикăна хамăр çĕршывăн шалти ĕçĕсем енĕпе те, тĕнчери ĕçсем енĕпе те ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пымалла пултăр».

Партипе правительствăн çак политики пирĕн халăхăн пурнăçри тĕп интересĕсене палăртса тăрать, пирĕн халăх çак политикăшăн тăрать. Совет халăхĕ хăйĕн тăван партине хĕрӳллĕн юратать, мĕншĕн тесен вăл партин пĕтĕм ĕçĕнчи чи аслă закон халăх интересĕсемшĕн ĕçлесси пулнине пĕлсе тăрать.

Пирĕн партин политики тĕрĕç пулнине вуншар çулхи кĕрешӳре тĕрĕсленĕ. Парти политикипе пула ССР Союзĕнче социализм пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан пысăк çĕнтерӳ турĕ. Çак политикăна çирĕппĕн пурнăçласа, Совет Союзĕнчи халăхсем, парти ăнчăкĕлăн ертсе пынипе, коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем туса пыраççĕ.

«Пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв, — тесе каларĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче,—хăйĕн вăйĕсем чечекленсе ӳснĕ тапхăрта пурăнать, вăл çĕнĕ çитĕнӳсем патнелле пырать. Коммунизмлă общество пĕтĕмпех туса çитерме мĕн кирли пирĕн пурте пур. Совет çĕршывăн çутçанталăкри пуянлăхĕсем иксĕлми нумай. Пирĕн государство çак пысăк пуянлăхсемпе ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн усă курма пултарнине кăтартса пачĕ. Совет халăхĕ çĕнĕ общество тума пĕлнине кăтартса пачĕ, вăл малалла шанчăклăн пăхать.

Совет Союзĕнчи халăхсене кĕрешӳре тĕрĕсленсе çирĕпленнĕ, ленинла-сталинла политикăна пурнăçа çирĕп кĕртекен парти ертсе пырать».

Парти малашнехи вăхăт валли хатĕрленĕ плансене, хамăр малалла каймалли çулсене палăртнă плансене, экономикăллă законсене пĕлсе, коммунизм строительствин Сталин юлташ туса хатĕрленĕ науки вĕрентнĕ тăрăх тунă. Халăхăн мĕнпур сийĕсен—рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен—материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатассишĕн Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви ялан уйрăмах тăрăшнă. Хамăр çĕршывра пĕтĕм обществăллă производствăна пĕрмаях ӳстерсе пыни, вăл чи çĕнĕ техника никĕсĕ çинче пĕрмаях лайăхланса пыни обществăн ӳсе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене çителĕклипех тивĕçтерме май парать. Çакăн пек вăл социализмăн экономикăллă тĕп законĕ, ку закона Сталин юлташ уçса палăртнă, партипе правительство çĕршыва ертсе пырас ĕçе çак закон тăрăх туса пыраççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви мире сыхласа хăвармалли тата тĕреклетмелли политикăна, çĕнĕ вăрçă хатĕрлесе пуçарса яма хăтланнисене хирĕç кĕрешмелли политикăна, мĕнпур çĕршывсемпе хутшăнса, вĕсемпе ĕçлĕ сыхăнусене аталантармалли политикăна çирĕппĕн пурнăçласа пыраççĕ. Çакăн пек вăл пирĕн тулашри политика,—ку вăл çирĕп политика! Вăл пирĕн советлă социализмлă государствăн тĕп интересĕсенчен, пирĕн çĕршывра пуç пулса тăракан социализмла идеологирен — халăхсен пĕртанлăхĕпе туслăхĕн тата пролетарилле интернационализмăн идеологийĕнчен тухса тăрать. Пролетарилле интернационализм ялавне тытса пыраса, Совет Союзĕнчи халăхсем аслă Китай халăхĕпе, халăх демократийлă мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе туслă пурăнассине, капиталиста çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенчи мир ĕçĕшĕн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешекен ĕççыннисемпе туслă çыхăну тытассине тĕреклетсе тата аталантарса пыраççĕ.

Пирĕн советлă Тăван çĕршыв пĕтĕм тĕнчери мирлĕ саманан тĕп тĕрекĕ пулса, мир ялавне çӳлте тытса пырать. Çавăнпа ĕнтĕ хамăр çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетнипе пирĕн халăх, хăйне ăнсăртлăхсенчен сыхланипе пĕрлех, мир ĕçне сыхлать, пĕтĕм этемлĕхшĕн кирлĕ ĕç тăвать. «Паллах ĕнтĕ, агрессорсем, — тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—хăйсем Совет Союзĕ çине тапăнас пулсан вăл хĕçпăшалсăр пултăр, тесе шутлаççĕ. Анчах Совет Союзĕ çакăнпа килĕшмест, вăл агрессора лайăх хĕçпăшалланнипе кĕтсе илмелле, тесе шутлать». Сталин юлташ кăтартса панине асра тытса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ кирек хăш агрессора та тĕпренех аркатса тăкма хамăр хатĕр пулассине ялана хӳстерсе пырас тесе, Совет Çарне, Тинĕс-Çар Флотне тата разведка органĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырать. Совет государствин оборона пултарулăхĕпе хăвачĕ ӳссе тĕреклленсе пыраççĕ, малашне те ӳссе тата тĕрекленсе пырĕç!

Коммунизм туса çитерессишĕн кĕрешес ĕçре Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ çул кăтартса ертсе пыракан аслă вăй пулса тăрать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланинче çапла кăтартса пачĕç: «Парти речĕсен хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕ, тачăран та тачă пĕтĕçсе тăни—партин вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулать. Пирĕн задача — партин пĕрлĕхне куç шăрçине сыхланă пек сыхласси, коммунистсене парти политикипе унăн решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешекен политикăллă боецсем пулма вĕрентсе пырасси, парти мĕнпур ĕççыннисемпе, рабочисемпе, колхозниксемпе, интеллигенципе çыхăнса тăрассине татах та ытларах çирĕплетесси пулать, мĕншĕн тесен халăхпа çавăн пек тачă çыхăнса тăнинче — пирĕн партин вăйĕ тата никам çĕнтерейми хăвачĕ».

Сталин юлташ çапла вĕрентет: эпир сыхă пулсан, вара, хальхи вăхăтра тата иртнĕ вăхăтра тăшмансене çĕнтерсе пынă пекех, хамăрăн тăшмансене малашне те çĕнтерсе пырăпăр. Сталин юлташ çапла кăтартса панине асра тытса, парти коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисене политика енĕпе сыхă пулма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç ним килĕшмесĕр çирĕп кĕрешме вĕрентсе пырассине хăйĕн чи пысăк задачисенчен пĕри пулать, тесе шутлать.

Çак кунсенче, пирĕн халăх чунтанчĕререн хурланса, анчах хăйĕн çирĕп хăватне çухатмасăр тата хăйĕн вăйĕсем çине шанса тăрса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçнĕ вăхăтра, КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ хăйсен пĕрлехи ларăвĕнче постановлени йышăнса, партипе государство руководствине организацилес енĕпе чылай ĕçсем туса иртterни кирлĕ тесе шутларĕç. Çак ĕçсене государствăпа парти органĕсен ĕçне ертсе пырас тĕлĕшпе нимĕнле чăрмавсем те ан пулччăр тесе тунă.

Сталин юлташ вĕрентсе ӳстернĕ, унăн шанчăклă ученикĕсемпе соратникĕсем парти хамăр çĕршыври ĕçсем енĕпе тата тулашри ĕçсем енĕпе палăртса хунă политикăна пĕрмаях çирĕппĕн пурнăçласа пымалла тăвĕç, çак политика вăл халăхăн пурнăçри тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Ленин—Сталин ĕçĕ шанчăклă та çирĕп алăра.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви шанчăклă ертсе пынипе пирĕн халăх çирĕппĕн малалла, Сталин юлташ кăтартса панă чаплă çĕнтерӳ çулĕпе утать, хăйĕн мĕнпур вăйĕпе творчествăллă хăватне хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерес аслă ĕçе хурать.

Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ паттăр совет халăхĕн тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чĕринче ялана пурăнĕ. Сталин юлташ партие тата пĕтĕм халăха ССР Союзĕнче Коммунизм туса çитермелли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ, çак программа пурнăçа кĕрет.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, совет халăхĕн кĕрешӳре пиçĕхсе çирĕпленнĕ авангарчĕ, эпир пурăнакан самана ăсĕ, чысĕ тата совеçĕ!

Сывă пулччăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата пирĕн тăван Совет Правительстви!

(«ПРАВДА» хаçатăн 1953 çулхи мартăн 7-мĕшĕнчи умстатьи).

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ Иосиф Виссарионович СТАЛИН ӳтне хунă саркофага вырнаçтарса лартмалли вырăн çинчен йышăннă

## ПОСТАНОВЛЕНИ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çапла йышăнаççĕ:

И. В. Сталин ӳтне хунă саркофага Хĕрлĕ площадьри мавзолее, В. И. Ленин саркофагĕпе юнашар, вырнаçтарса лартас.

КПСС ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ. ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ

## Совет çĕршывĕнчи аслă çынсен ятне ĕмĕр-ĕмĕр мухтаса асăнса пурăнмалли Пантеон-памятник туса лартасси çинчен йышăннă

## ПОСТАНОВЛЕНИ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăнаççĕ:

Аслă çулпуçсен Владимир Ильич Ленинпа Иосиф Виссарионович Сталинăн, çавăн пекех тата Коммунистсен партийĕпе Совет государствин Хĕрлĕ площадьре Кремль стенисем патне пытарнă чи паллă деятелĕсен ятне ĕмĕр-ĕмĕр асăнмалла тăвас тесе, Мускаврa пысăк сурт—Совет çĕршывĕнчи аслă çынсен ятне ĕмĕр-ĕмĕр асăнса пурăнмалли Пантеон-памятник туса лартас.

Пантеона туса пĕтернĕ хыççăн унта В. И. Ленин ӳтне хунă саркофагпа И. В. Сталин ӳтне хунă саркофага куçарса лартмалла, çавăн пекех тата Коммунистсен партийĕпе Совет государствин Кремль стенисем патне пытарнă чи паллă деятелĕсен виллăприсене куçармалла, вара Пантеона ĕççыннисен анлă массисем кĕрсе курма уçмалла.

КПСС ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ. ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

## И. В. Сталин ӳтне патологи-анатоми енĕпе тĕрĕслесе пăхни

Патологи-анатоми енĕпе тĕрĕслесе пăхнă чухне пуç мимин сулахай çур пайĕнчи пысăк вырăна юн кайнине палăртнă. Çакăн пек юн кайни пуç мимин питĕ кирлĕ пайĕсене çĕмĕрсе пăснă, сывласине тата юн çӳрессине сыватма май çук таран пăснă. Пуç мимине юн кайнисĕр пуçне, чĕрен сулахай пĕчĕк хутаççи чылай пысăкланнă, чĕре мышцинче, хырăмлăхпа пыршăсен пайĕсенче нумай çĕрте юн кайнине, атеросклероз пулнă пирки сосудсем улшăннине палăртнă, ку вăл уйрăмах пуç миминчи юн тымарĕсенче нумай пулнă. Çак процессем гипертони чирĕнчен килнĕ.

Патологи-анатоми енĕпе тĕрĕслесе пăхни И. В. Сталина эмелленĕ профессор-врачсем палăртнă диагноз пĕтĕмпех тĕрĕс пулнине кăтартса параççĕ.

Патологи-анатоми енĕпе тĕрĕслесе пăхни И. В. Сталин чирне пуç мимине юн кайнă хыççăн сирсе яма май пулманнине кăтартса панă. Çавăнпа та сывлăх тĕлĕшпе йышăннă мерăсем усă пама тата вилĕмрен çăлса хăварма пултарайман.

СССР Сывлăх министрĕ **А. Ф. ТРЕТЬЯКОВ.**
Кремльти Лечсанупр начальникĕ **И. И. КУПЕРИН.**
СССР Медицина Наукисен Академийĕн Президенчĕ академик **Н. Н. АНИЧКОВ.**
СССР Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор **М. А. СКВОРЦОВ.**
СССР Медицина Наукисен Академийĕн член-корреспонденчĕ профессор **А. И. СТРУКОВ.**
СССР Медицина Наукисен Академийĕн член-корреспонденчĕ профессор **С. Р. МАРДАШЕВ.**
СССР Сывлăх министерствин главнăй патолог-анатомĕ профессор **Б. И. МИГУНОВ.**
Профессор **А. В. РУСАКОВ.**
Доцент **Б. Н. УСКОВ.**

## СССР Çар Министерствинчен

Совет Çарĕн салтакĕсем, сержанчĕсем, офицерĕсем тата генералĕсем пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Коммунистсен партийĕпе Совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ, аслăран та аслă полководец — Совет Союзĕн Генералиссимусĕ Иосиф Виссарионович **Сталин** вилнĕ пирки чĕререн кулянса хурланаççĕ.

**Сталин** юлташăн ячĕпе Совет Çарĕн пĕтĕм геройла историйĕ çыхăнса тăрать.

Совет воинĕсем **Сталин** юлташ гениллĕ ертсе пынипе мухтавлă çула утса тухрĕç, вăрçă хирĕсенче халиччен пулман чаплă ĕçсем турĕç, пирĕн Тăван çĕршывăн тăшманĕсене хăюллăн та паттăррăн çĕмĕрчĕç.

Пирĕн Тăван çĕршыв ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн граждан вăрçи тапхăрĕнче тата Аслă Отечественнăй вăрçăн хаяр тĕрĕслӳ çулĕсенче пынă хаяр çапăçусенче **Сталин** юлташăн полководецла генийĕ пирĕн Совет Çарне çĕнтерӳ патĕнчен çĕнтерӳ патне илсе пычĕ.

Çак хурлăхлă кунсенче Совет Çарĕ хăйĕн юратнă çулпуçĕпе полководецĕн тупăкĕ умĕнче хăйĕн ялавĕсене усать.

Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви ертсе пынипе Совет Çарĕ Аслă **Сталин** хамăрăн вăй-хăвата пур майсемпе те тĕреклетме тата СССР государство интересĕсен хуралĕнче çирĕппĕн сыхă тăма хушса хăварнисене чыслăн пурнăçлĕ.

Аслă **Сталинăн** вилĕмсĕр ячĕ Совет воинĕсен чĕринче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

## ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Министерствинчен

ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Вăйĕсен матросĕсем, салтакĕсем, старшинисем, сержанчĕсем, офицерĕсем, адмиралĕсем тата генералĕсем пирĕн парти, совет халăхĕ тата унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем умне пысăк хурлăх тухса тăни çинчен—кăçалхи мартăн 5-мĕшĕнче ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, совет халăхĕн юратнă çулпуçĕпе учителĕ, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне туса хураканĕ, гениллĕ полководец, Совет Союзĕн Генералиссимусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вăхăтсăр вилни çинчен пĕлсен чунтан-чĕререн хурланчĕç.

Тинĕс-Çар Вăйĕсен карапĕсемпе чаçĕсем хăйсен боевой ялавĕсене таяççĕ. Çак ялавсене В. И. Ленин тусĕпе соратникĕн, унпа пĕрле хăватлă Коммунистсен партине тата Совет государствине туса хунă, Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пынă генийĕн, коммунизмăн аслă строителĕн, совет халăхĕшĕн ĕçлесе хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă Иосиф Виссарионович Сталинăн полководецла генийĕн ялан çуталса тăракан мухтавĕ чапа кăларнă.

Çар морякĕсем И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче тупа туса, хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Союзĕн Правительстви тавра татах тачăрах пĕтĕçтерме, Сталин юлташ Тинĕс-Çар Флочĕн хăватне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетме, пирĕн Отечествăн тинĕс чиккисене тата совет халăхĕн мирлĕ ĕçне, Ленинăн—Сталинăн çĕнтерӳллĕ ялавĕ айĕнче тăрса коммунизм тăвакан совет халăхĕн мирлĕ ĕçне, тимлĕн сыхласа тăма хушса хăварнисене чыслăн пурнăçлама пулаççĕ.

Сталин юлташăн вилĕмсĕр ячĕ совет халăхĕпе унăн воинĕсен чĕрисенче ĕмĕрех пурăнĕ.

## ССР Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствинчен

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствисовет халăхĕ умне килсе тухнă çухату—ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ, мир ялавне çӳлте тытса пынă Генералиссимус И. В. Сталин вилни пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтерет.

Аслă Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ совет дипломати работникĕсене мирлĕ пурнăçа юратакан Совет государствин тĕнчери авторитетне малалла тĕреклетессишĕн, халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсемпе тытакан тăванла туслăха тĕреклетсе аталантарассишĕн, тĕнчери халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине тата ĕçлĕ çыхăнусем тытассине аталантарассишĕн, çĕнĕ вăрçа хирĕç, пĕтĕм тĕнчипе мир туса хурассишĕн кĕрешес ĕçре ялан хавхалантарса пырĕ.

## Сталин юлташа пытарассине организацилеме тунă комиссирен

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович **Сталина** тунтикун, кăçалхи мартăн 9-мĕшĕнче кăнтăрла 12 сехетре пытараççĕ.

Сталин юлташа пытарассине организацилеме тунă Комисси мĕнпур организацисене пĕлсе тăма çапла пĕлтерет: Союзсен Çурчĕн Колоннăллă Залне ирхине 6 сехетрен пуçласа çĕрле 2 сехетчен кĕртеççĕ.

## Совет халăхĕ аслă çулпуçпа сывпуллашать

### Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залĕнче

Коммунистсен партийĕ, совет халăхĕ, тĕнчери мĕнпур ĕççыннисем умне пысăк хурлăх килсе тухрĕ: Сталин юлташăн чĕри тапма чарăнчĕ. Аслăран та аслă çын—Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне гениллĕ малалла туса пынă çын вилчĕ; Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн çулпуçĕпе учителĕ вилчĕ; пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн аслă тусĕпе учителĕ вилчĕ.

Мускавра траур.

И. В. Сталин ӳтне хунă тупăка Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залне вырнаçтарса лартаççĕ.

Люстрăсен хрусталне траурлă креппа карса хунă. Мрамор колоннăсене хĕрлĕ пуставсемпе тыттарнă. Вĕсем çине тăванла вунултă совет республикин гербĕсене ӳкернĕ. Çӳлĕ постамент çинче, пальмăсемпе чĕрĕ чечексем хушшинче, хĕрлĕ бархатпа витнĕ тупăк. Унта — И. В. Сталин ӳчĕ. Пĕтĕм тĕнче пĕлсе тăракан çын сăн-сăпачĕ. Ăна вилĕм те улăштарма пултарайман. Тупăк тĕлĕнче хура хăю тыттарнă пысăк Хĕрлĕ ялав. Ун çине: «Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!» тесе çырса хунă.

Тупăк умĕнче атлас çинче Совет Союзĕн Геройĕпе Социализмлă Ĕç Геройĕн ылтăн çăлтăрĕсем, орденсемпе медальсем выртаççĕ, вĕсем—Тăван çĕршыв Сталин юлташа панă наградăсем.

Тупăк умĕнче питĕ нумай чечек кăшăлĕсем.

Вĕсенчен пĕрин çине çапла çырса хунă: «Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн çулпуçĕпе учительне Иосиф Виссарионович Сталина. КПСС Центральнăй Комитетĕнчен».

Кунтах СССР Министрĕсен Совечĕ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, КПСС Мускав Комитечĕпе Мускав хула Комитечĕ, ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ, ВЦСПС, Мускав хулинчи заводсемпе фабрикăсен тата учрежденисен коллективĕсем, Сталин юлташăн çемйи хунă чечек кăшăлĕсем.

Кăнтăрла иртни 4 сехет. Колоннăллă зала халăх кĕме пуçлать.

Совет халăхĕ хăйĕн çулпуçĕпе сывпуллашать. Колоннăллă зала вĕçĕ-хĕррисĕр халăх пырса тăрать. И. В. Сталин юлташăн тупăкĕ умне хисеплĕ хурала унăн боевой соратникĕсем—КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕсем, Правительство членĕсем — Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, Н. М. Шверник юлташсем тăраççĕ.

Симфониллĕ оркестрсем Чайковский, Бетховен, Шопен, Григ çырнă траурлă кĕвĕсене чарăнмасăр калаççĕ. И. В. Сталин юлташăн тупăкĕ умĕпе чĕререн хурланнă çынсем татти-сыппиcĕр иртеççĕ. Сталин ячĕпе тăракан заводри машиностроительсемпе Трехгоркăри ткачихăсем, ученăйсем, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн воинĕсем, шкул ачисем, Мускав çыхăвĕнчи колхозниксем иртеççĕ.

Мускав, Тăван çĕршыв, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх И. В. Сталинпа сывпуллашать.

Колоннăллă зала килнĕ çынсен пичĕсем çинче вĕсем хăйсен çулпуçĕпе учительне чĕререн хĕрӳллĕн юратса хисеплени курăнса тăрать. Пурин куçĕсем те вĕçĕмсĕр хаклă Сталин пичĕ çине пăхаççĕ, ăна хăйсен чĕринче ĕмĕрлĕхе асра тытса юлаççĕ. Совет çыннисем çак хурлăхлă кунсенче чĕрене ыраттаракан пысăк çухатăва туйса, Коммунистсен партийĕ тавра, ленинла-сталинла Центральнăй Комитетпа Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме кирлине лайăх ăнланса илеççĕ, вĕсем хăйсен пĕтĕм вăйне вилнĕ çулпуçĕпе учителĕ пĕтĕм пурнăçа панă ĕçшĕн кĕрешме хатĕр тăнине кăтартаççĕ.

Пысăк та йывăр хурлăх совет халăхне тата ытларах пĕтĕçтерчĕ, хата тачăрах пĕтĕçтерет.

Çулпуç тупăкĕ умне чечек çыххисене хума столицăри ĕççыннисен вуншар делегацийĕсем зала кĕреççĕ.

Заводсемпе фабрикăсенчи парти организацийĕсенчен, ученăйсенчен, министерствăсенчен, учрежденисенчен чечек çыххисем илсе кĕреççĕ.

Хисеплĕ хурал кашни пилĕк минутра улшăнса тăрать.

Хисеплĕ хурала М. З. Сабуров, М. Г. Первухин, М. А. Суслов, Н. А. Михайлов, П. К. Пономаренко, С. Д. Игнатьев, П. Н. Поспелов, Н. Н. Шаталин, М. Ф. Шкирятов юлташсем тăраççĕ.

Вĕсем хыççăн Мускав хулинчи парти организацийĕсен представителĕсем, КПСС Мускав хула комитечĕн руководителĕсем хисеплĕ хурала тăраççĕ.

Аслăран та аслă полководецăн, Совет Союзĕн Генералиссимусĕн тупăкĕ умĕнче, вăл ертсе пынипе пирĕн Тăван çĕршыв иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашизма хирĕç кĕрешсе пĕтĕм тĕнчипе историллĕ чаплă çĕнтерӳ тунă аслă çыннăн тупăкĕ умĕнче сталинла маршалсем — Василевский, Соколовский, Буденный, Говоров, Конев, Тимошенко хисеплĕ хуралта тăраççĕ.

Каçхине çурçĕр иртичченех Колоннăллă зала çынсем вĕçĕмсĕр пырса тăнă.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Пĕтĕм Союзри профессиллĕ союзсен Центральнăй Советĕнчен

Халăх юлташсем!

Пĕтĕм Союзри профессиллĕ союзсен Центральнăй Совечĕ профсоюз членĕсене, мĕнпур ĕççыннисене совет халăхĕ умне калама çук пысăк хурлăх тухса тăни çинчен—хамăрăн Аслă çулпуç, учитель, атте тата тус, хĕрÿллĕ юратакан Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилни çинчен чунтан-чĕререн хурланса пĕлтерет.

Сталин юлташ хăйĕн паттăр та мухтавлă пурнăçне пĕтĕмпех пархатарлă тĕллеве пурнăçлама — ĕççыннисене ирĕке кăларас ĕçе, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçе пурнăçа кĕртме пачĕ.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Коммунистсен хăватлă партине туса хучĕ тата ăна пиçĕхтерсе çирĕплетрĕ. Çак парти рабочи класпа ĕçхресченĕсене Октябрьти Социализмлă Аслă революцири историллĕ çĕнтерÿ патне илсе çитерчĕ.

Гражданла вăрçине ют çĕршывсен интервенцийĕ вăхăтĕнче пирĕн халăх, Ленинпа Сталин ертсе пынипе, тăшманĕсене çĕнтерчĕ, Октябрьти революцире çĕнсе илнисене хÿтĕлесе хăварчĕ.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ нумай нациллĕ социализмлă государство—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзне туса хучĕ.

Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пырса, Сталин юлташ Ленин ялавне çÿле çĕклерĕ, пирĕн партие, пĕтĕм совет халăхне Ленин кăтартса панă çулпа малалла илсе пычĕ. Сталин юлташ гениллĕ ертсе пынипе пирĕн Тăван çĕршыв историри кĕске вăхăтра социализмлă хăватлă держава пулса тăчĕ.

Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Сталин юлташăн аслă генийĕ совет халăхне пĕтĕм тĕнче историйĕнчи чаплă çĕнтерÿ патне илсе çитерчĕ,— совет халăхĕ нимĕçсен фашистла захватчикĕсене çĕнтерчĕ.

Сталин юлташ пирĕн çĕршыва вăтăр çул хушши ытла коммунизм тумалли çулпа малалла ертсе пычĕ.

Сталин юлташ партие тата пĕтĕм халăха ССР Союзĕнче коммунизм тумалли аслă та уçămлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ. Сталин юлташăн вилĕмсĕр ĕçĕсемпе аслă идейисем пирĕн чĕресенче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕç тата эпир çĕнтерÿ патне çитмелли çула çутатса тăрĕç.

Сталин юлташ мир, демократи тата социализм лагерĕн тĕрĕслĕхшĕн пыракан кĕрешĕвне, вăрçа хирĕç, миршĕн, этемлĕх телейĕшĕн кĕрешес ĕçе хавхалантарса ертсе пычĕ. Совет Союзĕнчи ĕççыннисемпе пĕрле пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем те калама çук пысăк çухату пулнăшăн хурланаççĕ.

Халĕ, Сталин юлташ пирĕнпе пĕрле çук чухне, коммунизм строительствин аслă ĕçĕн ăнăçлăхĕшĕн эпир кашни ответлă пулни калама çук ÿснине совет халăхĕ пĕтĕмпех ăнланса тăрать.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем пурте хăйсен тăванла Коммунистсен партине чунтан-чĕререн парăнса тăраççĕ, вĕсем Ленинпа Сталинăн аслă партийĕ совет халăхне Сталин юлташ кăтартса панă çулпа малалла илсе каяссине лайăх пĕлеççĕ.

ВЦСПС профессиллĕ союзсен членĕсене, мĕнпур ĕççыннисене Коммунистсен партийĕ тавра, Центральнăй Комитет тата Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçме, коммунизм тăвассишĕн, хамăрăн социализмлă государствăн хăватне тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçре хастарлăха ÿстерме чĕнет.

Пирĕн юратнă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, санăн тупăку умĕнче тупа тăватпăр: совет профсоюзĕсем, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, эсĕ пĕтĕм вăя тата пĕтĕм пурнăçна панă ĕçшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешĕç.

Сывă пултăр пирĕн аслă совет халăхĕ!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен паттăр партийĕ, Ленин—Сталин партийĕ!

ПĔТĔМ СОЮЗРИ ПРОФЕССИЛЛĔ СОЮЗСЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ СОВЕЧĔ.

## ВЛКСМ Центральнăй Комитетĕнчен

*Комсомолăн мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур çамрăксене*

Коммунистсен партийĕн, совет халăхĕн, тĕнчери мĕнпур ĕççыннисен питĕ пысăк хурлăх тÿсмелле пулчĕ. Этемлĕхĕн генийĕ, Ленинăн аслă соратникĕ тата тусĕ, унăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пыраканĕ, коммунизм тăвас ĕçре ывăнма пĕлмесĕр ĕçленĕ пирĕн çулпуç, юратнă тăван аттемĕр тата совет çамрăкĕсен аслă учителĕ—Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ.

Сталин юлташ халăхшăн, партишĕн, пирĕн Тăван çĕршыва чечеклентерессишĕн, коммунизмăн аслă ĕçĕшĕн хăйĕн пĕтĕм паттăр пурнăçне панă. Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Коммунистсен партине туса çитĕнтернĕ, ăна вĕрентсе пиçĕхтернĕ. Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Октябрьти Социализмлă Аслă Революцие хавхалантараканĕ тата унăн çулпуçĕ пулнă, тĕнчери пĕрремĕш социализмла государствăн никĕсне хываканĕ пулнă. Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пырса, Сталин юлташ совет халăхне пирĕн çĕршывăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерĕвĕ патне, социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ. Сталин юлташ аслă ертсе пынипе совет халăхĕ иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашизмăн хура вăйĕсене çĕмĕрсе тăкса аслă çĕнтерÿ турĕ. Сталин юлташ партие тата пĕтĕм халăха коммунизм тумалли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ, коммунизмăн çиçсе çуталса тăракан малашлăхĕ патне пымалли çулсене кăтартса пачĕ. Совет çыннисен ĕçри кашни çитĕнĕвĕнчех, коммунизм строительствин кашни çĕнĕ çĕнтерĕвĕнчех пирĕн вилĕмсĕр çулпуçăн Сталин юлташăн ăсĕ, иксĕлми хастарлăхĕ, хурçă пек çирĕп вăй-хăвачĕ курăнса тăрать.

Совет Союзĕн çамрăкĕсемпе хĕрĕсемшĕн, мĕнпур совет çыннисемшĕн пекех, Сталин юлташ ячĕ—питĕ хаклă та сывăх тата тăван ят. Сталин юлташăн пурнăçĕ пирĕншĕн, кашнинишĕнех — коммунизмшăн хастарлăн кĕрешмелли аслă пример.

Сталин юлташ совет халăхĕн ÿссе çитĕнекен ăрăвне атте пек тăрăшса вĕрентсе пынă. Совет çамрăкĕсемпе хĕрĕсем хăйсен пĕтĕм телейĕшĕн, ĕçри тата вĕренÿри хăйсен мĕнпур çитĕнĕвĕшĕн хаклă та юратнă Иосиф Виссарионович Сталина тав тăваççĕ.

Комсомолецсемпе комсомолкăсем, мĕнпур совет çамрăкĕсем çак хурлăхлă кунсенче пĕтĕм совет халăхĕ умĕнче тупа тăваççĕ: малашне те яланах Коммунистсен мухтавлă партийĕн шанчăклă та çирĕп ывăл-хĕрĕсем пулмалла. Советлă Тăван çĕршывăн хĕрÿллĕ патриочĕсем пулмалла, хамăрăн пĕтĕм пурнăçа Ленин — Сталинăн аслă ĕçĕшĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн памалла.

Комсомолецсемпе комсомолкăсем, совет çамрăкĕсем Коммунистсен тăван партине, унăн сталинла Центральнăй Комитетне çапла шантарса калаççĕ: вĕсем яланах сыхă пулма, хăйсен пурнăçне шеллемесĕр, кирек мĕнле условисенче те юратнă Советлă Тăван çĕршыва сыхлама сăмах параççĕ.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ мĕнпур комсомолецсемпе пĕтĕм совет çамрăкĕсене Коммунистсен партийĕ, сталинла Центральнăй Комитет тата Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçме, пирĕн çĕршыври коммунизм строительствин аслă ĕçне хамăрăн мĕнпур вăя, пĕтĕм творчествăлла вăй-хала пама чĕнет.

Совет çыннисемшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн вĕçĕ-хĕррисĕр хаклă ята, Аслă Сталинăн вилĕмсĕр ятне совет çамрăкĕсемпе хĕрĕсем яланах хăйсен чĕрисенче тытса пурăнĕç.

ПĔТĔМ СОЮЗРИ ÇАМРĂКСЕН ЛЕНИНЛА КОММУНИСТЛА СОЮЗĔН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ.

## Коммунизмшăн тата пысăкрах хăватпа кĕрешĕр!

МУСКАВ, мартăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Красный пролетарий» ятлă станоксем тăвакан завод. Иккĕмĕш механически цехăн пысăк корпусне пиншер рабочисем, инженерсем, техниксем тата служащисем пухăннă. Ленин соратникĕ, унăн ĕçне малалла туса пынă гени, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пурте чунтан-чĕререн хурланаççĕ.

Пĕрремĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче, Сталин юлташ кăтартса панипе, ĕлĕкхи пĕчĕк мастерскойсем вырăнне завод цехĕсен пысăк та çутă çурчĕсене туса лартнă, унта çĕнĕ оборудовани вырнаçтарнă,— çакна ватă рабочисем питĕ лайăх астăваççĕ. Завод хамăр çĕршыври станоксем тăвакан чи пысăк тата малта пыракан предприяти пулса тăнă.

Ирхине 8 сехетре партин заводри комитечĕн секретарĕ Когтева юлташ хурлăхлă митинга уçать. Хăйĕн пĕтĕм пурнăçне коммунизм ĕçĕшĕн панă Иосиф Виссарионович Сталин çинчен вăл чунтан хумханса калать. Вăл партин XIX-мĕш съезчĕн делегачĕ пулнă, съездра Сталин юлташ тухса каланине илтнĕ.

— Çак хурлăхлă кунсенче,— тесе калать Когтева юлташ,— эпир партипе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçетпĕр. Эпир хамăр çĕршывра коммунизм тăвассишĕн тата пысăкрах хăватпа кĕрешĕпĕр.

Трибуна умне токарь-новатор Сельцов юлташ тухать.

— Пирĕн çĕршыв умне калама çук пысăк хурлăх тухса тăчĕ,— тесе калать вăл.— Пирĕншĕн чи хаклă çын, пирĕн юратнă тăван Иосиф Виссарионович Сталин пирĕнтен уйрăлса кайрĕ. Вăл Ленинпа пĕрле коммунистсен хăватлă партине туса хунă. Коммунистсен партине совет халăхĕ вĕçĕмсĕр шанса тăрать. Эпир хамăрăн пĕтĕм вăй-хăвата Тăван çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе парăпăр. Юратнă Сталин юлташ пире коммунизм строительствинче хăватлă ĕçлеме хавхалантарса пычĕ.

Унтан ватă рабочи мастер Баканичев сăмах тухса калать. Вăл заводра 40 çула яхăн ĕçлет.

— Иосиф Виссарионович Сталин пире телейлĕ пурнăç туса пачĕ,— тесе калать Баканичев юлташ.— Ленин вилнĕ кыçăн Сталин юлташ тупа турĕ—пирĕн парти Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа пырĕ, тесе каларĕ. Вăл тупа туса каланине пĕтĕмпех пурнăçланă.

— Пирĕн çĕршыван халăх хуçалăхĕн пĕтĕм отраслĕсем аталанса пыни, наукăпа техника аталанса пыни Сталин юлташ ячĕпе тачă çыхăнса тăрать,— тесе калать заводри главнăй технолог Федотьев юлташ.— «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведени çырса, Сталин юлташ партипе пĕтĕм халăха ССР Союзĕнче коммунизм обществи тумалли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ. Сталин юлташ кăтартса панисене пурнăçласа, хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерер.

«Красный пролетарий» заводра ĕçлекенсен хурлăхлă митингĕ, пурте пĕр шухăшлă пулса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне, ССР Союзĕн Министрĕсен Советне тата СССР Верховнăй Совет Президиумне çыру яма йышăннă. Çырура çапла каланă: «Эпир, «Красный пролетарий» заводри рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, çак хурлăхлă кунсенче партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствине çапла шантарса калатпăр: эпир хамăрăн тăван Коммунистсен партийĕ тавра, хамăрăн тăван правительство тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн, Тăван çĕршывăн экономикăллă хăватне малалла ÿстерессишĕн, коммунизмшăн тата пысăкрах хăватпа кĕрешĕпĕр».

## Грузири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен, Грузи ССР Министрĕсен Советĕнчен тата Верховнăй Совет Президиумĕнчен

Грузири Коммунистсен партийĕ тата пĕтĕм Грузи халăхĕ Коммунистсен партийĕн, совет халăхĕн тата пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен аслă çулпуçĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕшĕн чĕререн хурланчĕç.

Коммунизмшăн кĕрешекен çулăмлă борецăн, Ленинăн вилĕмĕр ĕçне ăслăн малалла туса пыраканăн тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн учителĕпе çулпуçĕн И. В. Сталин юлташăн чĕри тапма чарăннине ĕненме те йывăр.

Сталин юлташ вилни çинчен калакан хыпар советлă Грузи республикинчи рабочисен, колхозниксен тата интеллигентсен чĕрине питех те ыраттарать.

Грузи халăхĕ Сталин юлташа çур ĕмĕр каялла, Российăра революциллĕ юхăм шурămпуçĕ тухса килнĕ çулсенче Грузире тата Кавказра Маркс—Энгельс—Ленинăн аслă ялавне никамран малтан çĕкленĕшĕн тав тума тивĕçлĕ. Çак ялавпа, Сталин юлташ ертсе пынипе Тбилиси пролетариачĕ 1901 çулта Тбилиси урамĕсенче политикăллă хăватлă демонстраци ирттерсе, Кавказра пуçласа кивĕ строя хирĕç уççăн кĕрешĕве тухрĕ. Грузире Сталин юлташ туса хунă Коммунистсен партийĕн пĕтĕм историйĕ, Грузири пĕтĕм революциллĕ юхăм вăл хăй пуçланнă малтанхи кунсенченех тытăнсах Сталин юлташ ĕçĕпе тата унăн ячĕпе таччăн çыхăнса тăрать.

Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, аслă вырăс халăхĕ тăванла пулăшнипе, Грузи халăхĕ хăйĕн ирĕклĕхне кĕрешсе илчĕ, наци пулса çĕнĕрен çуралчĕ тата культурăна чечеклентермелли аслă çул çине тухрĕ. Сталин юлташ ăслăн ертсе пынипе Грузи халăхĕ, Совет Союзĕнчи пĕтĕм халăхсем пекех, коммунизмшăн кĕрешсе чаплă çĕнтерÿсем турĕ.

Грузи ССР рабочи класĕ, колхоз хресченĕсем тата интеллигенци Коммунистсен партийĕ кăтартса панă çулпа пыраççĕ. Советлă Грузири ĕççыннисем, пирĕн çĕршыври ытти мĕнпур халăхсем пекех, мире тĕреклетес ĕç, халăхăн мĕнпур сийĕсен материальнăй пурнăçне лайăхлатас ĕç, кирек хăш агрессора та тĕпренех аркатса тăкма хамăр хатĕр пулассине яланах ÿстерсе пырас тесе, Совет Çарне, Тинĕс-Çар Флотне тата разведка органĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырас ĕç шанчăклă алăра—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Сталинла Центральнăй Комитечĕн аллинче тăнине лайăх пĕлеççĕ.

Грузири Коммунистсен партийĕ, пĕтĕм Грузи халăхĕ хăйсен речĕсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерĕç, хăйсен мĕнпур вăйĕсемпе творчествăллă хăвачĕсене коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешме мобилизацилĕç, парти речĕсен хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕ, тачăран та тачă пĕтĕçсе тăни — партин вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулса тăнине асра тытса политикăллă сыхăлăха тата ытларах вăйлатĕç.

Юратнă тăван Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ яланах советлă Грузи рабочийĕсен, колхозникĕсен тата интеллигенцийĕн чĕрисенче пурăнĕ.

ГРУЗИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ. ГРУЗИ ССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ. ГРУЗИ ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ.

*МУСКАВ*

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Чăваш АССР-ĕнчи тата Шупашкар хулинчи комсомолецсемпе комсомолкăсем, çамрăк ачасемпе хĕрсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ халăхсен аслă çулпуçĕ, совет çамрăкĕсен учителĕпе тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилни çинчен пĕлтернине чĕререн хурланса йышăнчĕç.

Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕшĕн питĕ йывăр çухату килсе тухнă пирки чĕререн хурланса, Чăваш çĕршывĕнчи комсомолецсемпе комсомолкăсем хăйсен пĕтĕм вăйне Ленинăн—Сталинăн аслă ĕçне пама, марксистла-ленинла наукăна çине тăрса вĕренме, çамрăксене Коммунистсен партийĕпе Социализмла Тăван çĕршыва вĕçĕмсĕр юратма тата пăхăнса тăма вĕрентсе ÿстерме тупа тăваççĕ; вĕсем ССР Союзĕнче коммунизм тăвас ĕçре Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн шанчăклă помощникĕсем пулса тăрĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине эпир аслă Сталин ăслăн кăтартса панисем тăрăх ĕçлесе яланах сыхă пулма, пирĕн Социализмла Тăван çĕршывăн хăватне пур майсемпе те тĕреклетсе пыма сăмах паратпăр; совет çамрăкĕсем совет халăхĕн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ тивлечĕсене хÿтĕлессишĕн кĕрешме кирек хăш минутра та хатĕр тăраççĕ.

Çак хурлăхлă кунсенче Чăваш республикинчи комсомолецсемпе çамрăксем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, унăн Ленинла-Сталинла Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви тавра тата таччăнрах пĕтĕçеççĕ, хăйсен пĕтĕм вăйĕсемпе творчествăллă хăватне пирĕн юратнă Тăван çĕршывăн мухтавĕшĕн пама мобилизацилеççĕ.

Совет халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен аслă çулпуçĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă сăнарĕ çамрăксене коммунизмшăн кĕрешме хавхалантарĕ, ĕмĕр-ĕмĕр вĕсен чĕринче пурăнĕ.

ВЛКСМ Чăваш обкомĕ.

ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕ.

## ТУПА

Парти! Илтетĕп тăван сассуна.
Хурлăх хуплать пит-куçа, кăмăла.
Чунăм кÿтет те, вут пек те çунать:
Сталин тек çук... Кам çанна
шанмалла?!

Аслă чĕре тапма чарăнчĕ-шим?
Хупăнчĕ-шим çиçĕм пек витĕр куç?
Шухăш вучахĕ чăнах сÿнчĕ-шим?
Çук! Сталин хаĺь те — тĕнчешĕн
çулпуç.

Хаĺь те, ыран та, яланах, ĕмĕрех
Ленинпа Сталин нихçан уйрăлми
Икĕ хĕвел пек çутатĕç çĕре
Янкăр уяррăн, сÿнми, хупланми...

Парти! Илтетĕп хĕрÿ йыхравна.
Чыслă та ырă ятна упрама
Тÿррĕн тупа эп тăватăп сана,
Халăхшăн парăп мĕнпур вăйăма.

Аслă çĕршыв тума пулнă ĕçре
Пулăп мĕнпур шухăшпа, кăмăлпа;
Ленинпа Сталин ятне чĕрере
Усрăп, тесе эп тăватăп тупа!

ПЕТĔР ХУСАНКАЙ,
чăваш халăх поэчĕ

## Çталин ĕçĕ ĕмĕр-ĕмĕрех пурăнĕ

ЛЕНИНГРАД, мартăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн юратнă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлтерни Ленинградри ĕççыннисене чунтан-чĕререн хурлантарчĕ. Халăхшăн хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă юратнă çын пирĕнтен уйрăлса кайрĕ.

Ленин хулинче траур. Проспектсемпе площадьсенче пурне те курăнмалли вырăнта Сталин портречĕсем, портретсен рамкисене хура хăюпа тыттарнă. Хура хăю тыттарнă ялавсем вĕлкĕшеççĕ. Ĕççыннисен ырă пурнăçĕшĕн яланах ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнă аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр вилнишĕн пурте чунтан-чĕререн хурланаççĕ.

Заводсемпе фабрикăсенче, учрежденисемпе шкулсенче хурлăхлă митингсем пулса иртеççĕ. Митингсенче ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланипе паллашаççĕ.

Киров ячĕпе тăракан завод—çĕршыври чи ватă предприятисенчен пĕри. Заводри рабочисем революциллĕ кĕрешĕве хутшăнса паттăр ĕçсем нумай тунă. Киров ячĕпе тăракан заводра ĕçлекен нумай пин çын митинга пухăннă. Пирĕн çĕршывпа халăх умне тухса тăнă пысăк хурлăх завод коллективне тата ытларах пĕтĕçтернĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чĕнсе каланине пурте пысăк тимлĕхпе итлеççĕ.

Трибуна умĕнче ватă производственник, партин XIX-мĕш съезчĕн делегачĕ пулнă Байков юлташ.

— Пирĕн çĕршыв умне пысăк хурлăх килсе тухрĕ.— тесе калать вăл.— Пирĕн хаклă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, пирĕн тăван атте Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ. Вăл Ленинпа пĕрле пирĕн партие туса кĕрешÿре çирĕплетнĕ, Октябрьти Социализмлă Аслă революци çулпуçĕпе организаторĕ пулнă, тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государство никĕсне хунă. Аслă Сталин совет халăхне хамăр çĕршыври социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ, коммунизма куçмалли çулсене кăтартса пачĕ. Унăн ячĕ ĕмĕр-ĕмĕрех пурăнĕ.

Заводри ватă рабочи, 1917 çулхи Октябрь кунĕсенче Зимний двореца штурмланă çĕре хутшăннă Мирошников юлташ, конструктор Сталинла преми лауреачĕ Сычев юлташ, инженер Сютина юлташ тата ыттисем те сăмах тухса калаççĕ. Вĕсем пурте Киров ячĕпе тăракан заводра ĕçлекенсем çак хурлăхлă кунсенче, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçесси, хамăр çĕршывра коммунизм тăвассишĕн пысăкрах хăватпа кĕрешме пулни, политикăллă сыхăлăха ÿстерсе, хамăрăн отечествăн шалти тата тулашри тăшманĕсене ним шеллемесĕр пĕтерсе пыма пулни çинчен калаççĕ.

Киров ячĕпе тăракан «Электросила» заводра, Ленин ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан заводра, хулари ытти предприятисенче те хурлăхлă митинг пулса иртнĕ.

А. А. Жданов ячĕпе тăракан университетра пулнă хурлăхлă митингра биологи наукисен докторĕ М. И. Виноградов сăмах тухса каланă.

— Пирĕн çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, пирĕн тус, этемлĕх генийĕ вилĕме пула пирĕнтен уйрăлса кайрĕ,— тенĕ вăл.— Пирĕн чи сывăх çын вилсе кайрĕ. Эпир яланах—савăнăçлă кунсенче те, йывăр кунсенче те—вăл кăтартса панисене пурнăçласа пыраттăмăр. Унăн ятне чĕрере тытса тата вăл аслă ертсе пынипе эпир мĕнпур йывăрлăхсене çĕнтерсе, çĕнтерÿсем туса пытăмăр. Сталин вăл—пирĕн совесть, пирĕн чыслăх, пирĕн чаплăхпа мухтавлăх. Çĕнĕ пурнăç тăвассишĕн кĕрешнĕ аслă Сталинăн тивĕçлĕ ученикĕсем пулма тăрăшар!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне яма йышăннă çырусенче Ленинградри ĕççыннисем Ленин—Сталин партине вĕçĕмсĕр шанса тăни çинчен калаççĕ. Вĕсем партин Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçме, политикăллă сыхăлăха ÿстерме, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç нимĕн килĕшмесĕр çирĕппĕн кĕрешсе пыма, хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерессишĕн пысăк хăватпа кĕрешсе пыма пулаççĕ.



Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра пулнă хурлăхлă митинг.
Трибуна çинче—заводри паллă стахановец ватă рабочи Н. И. Кириллов юлташ сăмах калать. Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Унăн ячĕ кашни ĕççынни чĕринче

КУСЛАВККА, мартăн 7-мĕшĕ. (Телефонпа). ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вăхăтсăр вилни çинчен пĕлтернĕ хыпар районти мĕнпур ĕççыннисен чĕрине питĕ хытă ыраттарать.

Енер кунта поселокри ĕççыннисен хурлăхлă митингĕ пулса иртрĕ. Унта учрежденисемпе предприятисенче ĕçлекенсем икĕ пин çын ытла пухăнчĕ. Пурте вĕсем аслă Сталинăн портречĕсене, хура пусмапа тыттарнă Хĕрлĕ ялавсене йăтса пынă.

Хурлăхлă митинга КПСС райкомĕн секретарĕ А. Колпакова юлташ уçрĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене пĕлтернине райисполком председателĕ Н. Смыков юлташ вуласа пачĕ.

— Хаклă Иосиф Виссарионович Сталинăн чĕри тапма чарăннă. Пирĕн парти, совет халăхĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем хăйсен чи юратнă çулпуçне çухатрĕç. Çак хурлăхлă йывăр кунсенче пире коммунистсен партийĕ çирĕп те чăтăмлă пулма, хамăр ретсене таса тытма, сисĕмлĕ пулма чĕнет. Парти чĕннĕ пек, Сталин хушса хăварнă пек пулăр. Хамăра шанса панă участокра кашниех ĕç хăвăртлăхне чакармасăр тăрăшса ĕçлер, Тăван çĕршыв вăй-хăватне ÿстерсе пырар.

ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Н. Николаев юлташ сăмах илсе çапла каларĕ:

— Совет çамрăкĕсемшĕн аслă Ленинпа Сталин ячĕсенчен хаклă ят урăх çук. Сталин хăйĕн пĕтĕм пурнăçне ĕççыннисемшĕн, вĕсен пурнăçне лайăхлатассишĕн панă. Сталин аслă Ленинăн ĕçне малалла гениллĕ туса пырса пире, çамрăксене, телейлĕ пурнăç пачĕ. Эпир тĕнчере чи телейлĕ çамрăксем. Пирĕншĕн Тăван çĕршыв мĕн туни, мĕн пани вăл пĕтĕмпех аслă Сталин ячĕпе çыхăнса тăрать. Унăн ячĕ пирĕн чĕререн нихçан та тухмĕ. Эпир, çамрăксем, Сталин ятне чĕрере тытса, парти хушнă пек ĕçлĕпĕр, хамăр çĕршывра коммунизм обществи туса çитерессишĕн ырми-канми ĕçлĕпĕр.

— Пирĕн çĕршыв Совет власĕ çулĕсенче тунă калама çук пысăк çитĕнÿсем пĕтĕмпех парти, аслă Сталин ячĕпе çыхăнса тăраççĕ,— тет В. Федоров юлташ.— Парти, аслă Сталин тăрăшнипе ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса пынине эпир кашни колхозник, кашни рабочипе служащи çеммиинче аван куратпăр. Парти, аслă Сталин пур халăхсене те ирĕклĕ, пуян та культурăллă тăвассишĕн тăрăшнине эпир хамăр чăваш халăхĕн пурнăçĕнче аван куратпăр.

Паян, пирĕншĕн тăрăшакан Иосиф Виссарионович Сталин тупăкра. Вăл вилчĕ пулсан та унăн ĕçĕ ĕмĕр-ĕмĕр чĕрĕ, унăн ячĕ ĕмĕр-ĕмĕр пирĕн чĕрере. Ленинпа Сталин ĕçĕсем вилĕмсĕр.

Совет Çарĕн воинĕ пулнă И. Хуртин юлташ çапла каларĕ.

— Хаклă Генералиссимус И. В. Сталин вăхăтсăр вилни миршĕн кĕрешекен пĕтĕм тĕнчери этемлĕхшĕн пысăк çухату, — тет вăл.— Анчах эпир мир ялавне усмăпăр. Хамăр Тăван çĕршывăн оборона хăватне тĕреклетсех пырăпăр. Капитализмлă çĕршывсенчи империалистсем çĕнĕ вăрçă пуçарма ĕмĕтленни пире хăратаймĕ. Эпир Ленин пуçарнă, Сталин малалла туса пынă ĕçсене пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешĕпĕр.

Митингра пулнисем хăйсем Коммунистсен партийĕ, унăн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ, Совет правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕссе тăнине палăртса резолюци йышăнчĕç.

Хурлăхлă митингсем районти предприятисемпе учрежденисенче те пулса иртрĕç. Суртсем тăвакан комбинатри хурлăхлă митингра 1.200 çын ытла пулчĕ.

## Ĕççыннисен хурлăхĕ

ÇĔРПУ, мартăн 7-мĕшĕ. (Телефонпа). Коммунистсен партийĕпе, Совет Правительствипе, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Çĕрпу районĕнчи рабочисемпе колхозниксем тата интеллигенци малта пыракан этемлĕхĕн аслă çулпуçĕ, учителĕ, сывăх тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнишĕн чунтан-чĕререн хурланаççĕ. Хула урамĕсемпе колхозлă ялсем çак кунсенче траурлă шăплăхра.

Партишĕн, Совет государствишĕн йывăр кунсем килсе тухнă самантра ĕççыннисем хăйсен тăванла Коммунистсен партине вĕçĕмсĕр парăннине, гениллĕ Сталин вĕрентсе хăварнисене пурнăçласа пыма, коммунизмлă общество тăвассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме хатĕр пулнине кăтартса параççĕ.

Хуларн предприятисемпе учрежденисенче, районти колхозсенче хурлăхлă митингсем иртеççĕ.

Автомашинăсем юсакан заводри хĕрлĕ кĕтесĕн пысăк пÿлĕмĕ. Кăнтăрла, 12 сехет тĕлне кунта рабочисемпе работницăсем, техниксемпе служащисем пухăнчĕç. Траурлă митинга завод директорĕ Я. Ямутов юлташ уçрĕ. Трибуна умне токарь-стахановка Т. Иванова юлташ пырать.

— Чи сывăх çыннăмăра, чунтан юратнă çулпуçăмăра Иосиф Виссарионович Сталин юлташа çухатрăмăр,— тет стахановка Иванова юлташ хумханулла сасăпа.— Пире телейлĕ пурнăç туса паракан аслă çулпуç пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлчĕ. Анчах Ленинпа Сталин ĕçĕ вилĕмсĕр. Паян эпир Ленин—Сталин партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçетпĕр, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн нихçанхинчен вăйлăрах кĕрешме хатĕр тăратпăр.

— Аслă Сталинăн сăнĕ пирĕн умра ĕмĕр сÿнми хĕвел пек çутатса тăрать,— тет технорук Нестеров юлташ.— Сталин ячĕ пирĕн чĕрере. Вăл пире, мĕнпур ĕççыннисене телейлĕ пурнăç туса парассишĕн хăйĕн пĕтĕм пурнăçне пачĕ. Социализмлă государствăна тĕреклетессишĕн Сталин юлташ вĕрентнĕ пек кĕрешме хамăр вăйсене хĕрхенсе тăмăпăр. Совет халăхĕн пĕрлĕхне нимĕнле тăшман та хавшатаймĕ. Аслă Сталин кăтартса хăварнă çул, хамăрăн çĕршывра коммунизмлă общество тăвасси—пирĕн пĕртен-пĕр çул.

Профсоюз комитечĕн председателĕ В. Асанов, комсомол организацийĕн секретарĕ В. Винокуров юлташсем завод коллективне çак хурлăхлă кунсенче хăйсен речĕсене нихçанхинчен те хытăрах çирĕплетме, политикăллă сисĕмлĕхпе сыхăлăха ÿстерме, социализмлă Тăван çĕршыва тĕреклетессишĕн чунтан-чĕререн парăнса кĕрешме чĕнеççĕ.

Автомашинăсем юсакан заводри, пир-авăр фабрикинчи, промкомбинатри тата ытти предприятисенчи рабочисемпе служащисем, çавăн пекех колхозниксемпе колхозницăсем хурлăхлă митингсенче хăйсем Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тачă пĕтĕçнине, совет халăхĕн пĕрлĕхне хурçă пек çирĕплетме, Тăван çĕршыв умĕнче тăракан аслă задачăсене тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлама чунтан парăнса кĕрешме хатĕр пулнине кăтартса параççĕ.

## *Коммунизм тăвассишĕн ырми-канми кĕрешетпĕр*

ВĂРМАР, мартăн 7-мĕшĕ. (Телефонпа). Радио хурлăхлă хыпар илсе килчĕ. Халăхсен аслă çулпуçĕ тата учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ. «Дружба» колхоз членĕсем Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ пĕлтернине пĕтĕм чĕререн хурланса итлерĕç.

Енер колхозра хурлăхлă митинг пулчĕ. Митингра 300 çынна яхăн пулчĕ. Нумай колхозниксем хăйсен шухăш-туйăмĕсене каласа пачĕç. Вĕсем пурте çак хурлăхлă кунсенче Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçнине чĕнсе каларĕç. хăйсен пĕтĕм вăйхăватне хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерес ĕçе пама пулчĕç.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, колхоз председателĕ И. Григорьев юлташ çапла каларĕ:

— Пирĕн партине халăх аслă çулпуçăмăра, юратнă учителе Сталин юлташа çухатрĕç. Сталин ялавне ĕççыннисем ырă пурнăçшăн, Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетессишĕн ырми-канми ĕçлерĕ. Вăл хăйĕн пĕтĕм пурнăçне, вăйне коммунизм ĕçне пачĕ. Аслă Сталин ячĕ ĕмĕрех пирĕн чĕрере пулĕ.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чĕнсе калани çине ответлесе, эпир колхозра тата тухăçлăрах ĕçлеме, суранине лайăх хатĕрленсе кĕтсе илме, выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерме, государство задачийĕсене чыслă пурнăçласа пыма, коммунизм тăвассишĕн чун-чĕререн тăрăшса ĕçлеме пулатпăр.

Митингра М. Михайлов учитель, ферма заведующийĕ В. Тимофеев юлташ тухса каларĕç.

Хурлăхлă митинга пухăннă колхозниксем И. В. Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм чĕререн хурланса КПСС Центральнăй Комитетне телеграмма яма йышăнчĕç.

Хурлăхлă митингсем сĕтел-пукан фабрикинчĕ, МТС-ра, «Свобода», «Правда», «Динамо» тата ытти колхозсемпе учрежденисенче те пулса иртрĕç.

# Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне палăртса, кашни совет хĕрарăмĕ хăйĕн иртнĕ кун-çулĕ çине татах тепĕр хут çаврăнса пăхать. Советсен Тăван çĕршыв коммунизм строительствинче тунă чаплă çитĕнÿсем, коммунизмăн аслă стройкисенче тунă пысăк ăнăçлăхсем тата совет халăхĕн телейлĕ пурнăçĕ пирĕн çĕршыври хĕрарăмсене çĕнĕ çĕнтерÿсемшĕн кĕрешме хавхалантарать.

Патша Российинчи ĕçхĕрарăмĕсен йывăр та асаплă пурнăçĕ питĕ инçете тăрса юлчĕ, ун çинчен халĕ пирĕн телейлĕ çĕршыври хĕрарăмсем тискер тĕлĕкри пек кăна астăваççĕ.

Вак халăх тесе шутланă халăхсен хĕрарăмĕсен, çав шутра чăваш хĕрарăмĕсен пурнăçĕ те ĕлĕк уйрăмах асаплă пулнă. Нимĕн вĕренмен тата трахома чирĕпе асапланнă чăваш хĕрарăмĕ малтан ашшĕ киленче, кайран вара, качча тухсан, упăшки патĕнче чăн-чăн чура пулса тăнă. Ун çине пурте выльăх çине пăхнă пек пăхнă. Обществăра та, çемьере те вăл ун чухне нимĕ юрăхсăр чĕрчун вырăнне çеç шутланнă.

Коммунистсен партийĕпе Совет власĕ хĕрарăма ĕмĕрхи пусмăрлăхпа асаплăхран илă антарах ирĕке кăларчĕç. Совет власĕ хĕрарăмсене арçынсемпе пĕр тан политикăллă правăсем пачĕ. Пирĕн çĕршыври хĕрарăмсем халĕ вĕренÿ правипе, кану правипе тата пĕр тан ĕç укçи илмелли правăпа усă кураççĕ. Çак правăсене тĕнчери чи демократиллĕ конституцире — Сталинла Конституцире çирĕплетсе хунă.

Партин ленинла-сталинла аслă политикине пула социализмлă çĕнĕ общество тунă çĕрте совет хĕрарăмĕ хăйĕн чăн-чăн тивĕçлĕ вырăнне тупрĕ, хĕвел çине сулăнакан чечек пек ешерсе çитĕнчĕ. Совет власĕ вăхăтĕнче ун умĕнче телейлĕ малашлăх анлăн çутăлса тăчĕ. Совет хĕрарăмĕ хăйĕн творчествăллă пултарулăхне анлăн сарса ячĕ. Тăван çĕршыв ырлăхĕпе телейĕшĕн вăл чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлет. Халĕ ĕнтĕ вăл социализмлă обществăн чăннипех активлă та хăватлă вăйĕ пулса тăчĕ.

Государствăна ертсе пырас ĕçе активлă хутшăнма совет хĕрарăмĕ валли анлă çул уçса пана. Пирĕн çĕршывра халĕ 280 хĕрарăм СССР Верховнăй Совет депутачĕсем, 2.209 хĕрарăм—союзлă тата автономиллĕ республикăсен Верховнăй Совечĕсен депутачĕсем пулса ĕçлеççĕ. Чăваш республикинче 42 хĕрарăм СССР, РСФСР тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕсен депутачĕсем пулса ĕçлеççĕ. Вырăнти Советсен виççĕмĕш созывĕнчи суйлавĕсем вăхăтĕнче çур миллион ытла хĕрарăма ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен депутачĕсем пулма суйланă. Вырăнти Советсен кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче пулса иртнĕ суйлавĕнче пирĕн республикăра виçĕ пине яхăн хĕрарăма вырăнти Советсен депутатне суйланă. Республикăра халĕ 20 хĕрарăм район тата хула Совет исполкомĕсен председателĕсемпе секретарĕсем пулса, 19 хĕрарăм—КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен секретарĕсем пулса, 3 хĕрарăм—министрсем пулса ĕçлеççĕ.

Республикăра нумай хĕрарăмсем колхоз председателĕсемпе бригадирĕсем тата фермăсен заведующийĕсем пулса ĕçлеççĕ. МТС-сенче чи кăткăс машинăсене ертсе пыракан хĕрарăмсем те пирĕн республикăра сахал мар.

Аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă хĕрарăм-специалистсем пирĕн çĕршывра халĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хут ытларах шутланаççĕ. 1952 çул тĕлне вĕсен йышĕ 830 пин çын ытла пулнă. Вĕсем хушшинче врачсем 207 пин çын, инженерсемпе наука работникĕсем çĕршер пин шутланаççĕ. Совет Союзĕнчи мĕнпур агрономсенчен 40 проценчĕ—хĕрарăмсем. ССР Союзĕнчи наукăсен академийĕнче ĕçлекен наука работникĕсем хушшинче хĕрарăмсем—39,6 процент. Пирĕн республикăра 1.900 хĕрарăм-специалист ĕçлет, вĕсем пурте аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă.

Совет хĕрарăмĕсен творчествăллă пултарулăхĕпе активлăхĕ тата ĕçри хастарлăхĕпе таланчĕ халĕ социализм çĕршывĕнчи халăх хуçалăхĕн пур отраслисемпе участокĕсенче те уççăн палăрса тăрать. Вĕсенчен чылайăшĕ ĕçре хастарлă пулнăшăн тата производствăра çĕнĕрен çĕнĕ ăнăçлăхсем тунăшăн халăх мухтавне тивĕçлĕ пулчĕç. Пирĕн Тăван çĕршыв хăйĕн мухтавлă хĕрĕсене яланах пысăка хурса хаклать. 70 хĕрарăма Совет Союзĕн Геройĕ ятне, 2.170 хĕрарăма Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне панă, 700 ытла хĕрарăм Сталинла премн лауреачĕн значокне çакса çÿрет, 730 пин ытла хĕрарăм ССР Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене илме тивĕçлĕ пулнă.

Халăх хушшинче сарăлса пыракан социализмлă ăмăрту промышленноçпа транспортра тата ялхуçалăхĕнче паттăр та ĕçчен хĕрарăмсен çĕнĕрен питĕ йышлă çарне ÿстерчĕ. Сталинла премн лауреачĕсен ячĕсене—Лидия Корабельникова, Мария Волкова, Мария Рожнова, Уралти стахановка Нина Назарова, Люблинти литейно-механически заводри Жандаровăпа Агафонова тата ыттисен ячĕсене те халĕ пĕтĕм çĕршыв пĕлсе тăрать. Тĕнчере чи малта пыракан искусствăра—кинопа театр, литературăпа музыка, балетпа живопись, физкультурăпа спорт тата скульптура ĕçĕнче те хăйсен талантлă ĕçĕпе чылай совет хĕрарăмĕсем пĕтĕм тĕнче умĕнче чапа тухрĕç.

Республикăри промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен мĕнпур йышĕнче çурри хĕрарăмсем шутланаççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕсем, стахановла ĕçлесе, хăйсене чапа кăларнă. Тĕслĕхрен акă, Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче çип арлакан К. С. Мефодьева тата чăлха фабрикинчи К. П. Ишмуратова штопальщица хăйсен кулленхи ĕç нормисене 140—150-шар процент тултараççĕ, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи Н. П. Агашина лакировщица 210—230 процент тултарать.

Хĕрарăмсем халĕ колхозлă ялта та пысăк вăй шутланаççĕ. 1935 çулта, кăшман акса тăвакан колхозница-ударницăсене Кремльте йышăннă чухне, Сталин юлташ çапла каланă: «колхоз пурнăçĕ кăна ĕçе хисепе кăларма пултарчĕ, колхоз пурнăçĕ кăна ялта чăн-чăн хĕрарăм-геройăсем çуратма пултарчĕ». Чăн та, колхозсемпе совхозсен уй-хирĕсенче ĕçлекен ĕçчен хĕрарăмсем пысăк тухăçлă тырпулшăн, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерессишĕн тимлĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Тырпулшăн кĕрешес ĕçре халĕ çĕршер хĕрарăмсем малта пыракансен ретне тăма тивĕçлĕ пулчĕç. Пысăк тухăçлă тырпул туса илнĕшĕн тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстернĕшĕн икĕ пин хĕрарăма ытла Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне панă. Çав шутра Чăваш республикинчи хĕрарăмсенчен 7 çын Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне илнĕ. Темиçе вуншар пин колхозницăна тăрăшса ĕçленĕшĕн ССР Союзĕн орденĕсемпе тата медалĕсемпе наградăланă. Пирĕн республикăри колхозницăсенчен правительство наградисене илме тивĕçлĕ пулнисем 2 пин çын ытла.

Ленин—Сталин партийĕпе Совет правительстви ача амăшĕсемшĕн питĕ хытă тăрăшаççĕ. ССР Союзĕнче хĕрарăмсене лайăх сывлăхлă ачасем пăхса çитĕнтерме, çакăнпа пĕрлех çĕршывăн производствăллă тата обществăллă-политикăллă пурнăçне активлă хутшăнма май паракан учрежденисен системине туса хунă.

Ача çуратас умĕн тата çуратнă хыççăн ĕç укçи тÿлесе отпусксем пани, нумай ачаллă амăшсене государство пулăшса тăни, хĕрарăмсене ача çуратмалли çуртсене ÿкçасăрах йышăнни, хĕрарăм консультацийĕсемпе ача консультацийĕсем (вĕсем пĕтĕмпе 6,5 пин ытла), ача яслисемпе ача сачĕсем, пионерсен лагерĕсем, хĕрарăмсен сывлăхне врачсемпе акушерсем тăтăшах тĕрĕслесе тăни,—çаксем вĕсем пурте пирĕн социализмлă государство хĕрарăмсемпе ачасемшĕн тимлĕн тăрăшни çинчен калаççĕ. Миллионшар совет хĕрарăмĕсене совет правительстви «Ача амăшĕн мухтавĕ» орденпа тата «Ача амăшĕн медалĕ» медальпе наградăланă. Чăваш республикинче кăна кăçалхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне ача амăшĕсене 43.754 çынна орденсемпе тата медальсемпе наградăланă. Пирĕн çĕршывра 30 пин хĕрарăм «Ача амăшĕ-героиня» ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Пирĕн республикăри ача амăшĕсенчен çак чыслă ята 192 хĕрарăма панă.

Совет государстви хĕрарăмсемпе ачасене пособисем парса питĕ нумай пулăшать. Юлашки 5 çул хушшинче кăна хĕрарăмсемпе ачасем государствăран 18 миллиард тенке яхăн пособи илнĕ.

Совет хĕрарăмĕсен ирĕклĕ те телейлĕ пурнăçĕ пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене ирĕклĕ пурнăçшăн кĕрешме хавхалантаракан паха тĕслĕх пулса тăрать. Совет Союзĕн примерĕ пĕтĕм тĕнчене çакна кăтартса парать: социализм çĕнтерни тата капитализма пĕтерни хыççăн кăна хĕрарăмсен пурнăçне çăмăллатма май пулать. Çакна ăна социализм çулĕ çине тăнă халăх демократи çĕршывĕсен опычĕ те питĕ лайăх кăтартса парать. Польшăри, Чехословакири, Румынири, Болгарири, Венгрири, Албанири, Монголири, Корейăри, Аслă Китай Халăх Республикинчи тата Демократиллĕ Германи Республикинчи ирĕклĕ хĕрарăмсем хăйсен çĕршывĕсенчи политикăллă, хуçалăхлă тата культурăллă пурнăçа активлă хутшăнаççĕ.

Капитализмлă, колониллĕ тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи хĕрарăмсем мартăн 8-мĕш кунне ĕççыннисен пурнăçĕпе вĕсен демократиллĕ прависем çине капитал тискеррĕн тапăнса пынă лару-тăрура, ĕçхĕрарăмĕсемпе ачасен пурнăçĕ татах та йывăрланса пынă тата вĕсем выçлăхпа чир-чĕрсене пула миллионшарăн вилсе пынă тапхăрта паллă тăваççĕ.

Капитализмлă çĕршывсенчи ĕçхĕрарăмĕсем тискер эксплуатацие хирĕç, хĕрарăмсене хăйсен çемйинче тулли правăллă çынсем тăвассишĕн тата вĕсен пурнăçне çăмăллатассишĕн, ĕç укçи ÿстерессишĕн, çын вăйне сыхлас тата социальнăй страховани ĕçне государство системине кĕртессишĕн кĕрешеççĕ. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: капитализм вăхăтĕнче ĕçхĕрарăмĕсем чи йывăр пусмăра тÿссе пурăнаççĕ. Чăн та, хĕрарăмсене, вĕсем арçынсемпе пĕр тан ĕç тăваççĕ пулин те, США-ра 25—30 процент, Англире—30—50 процент, Италире—20—27 процент сахалтарах ĕç укçи тÿлеççĕ.

Капитализмлă чылай çĕршывсенче — Швейцарире, Бельгире, Испанире, Португалире, Грецире, Аргентинăра хĕрарăмсене суйлав прави памаççĕ. Халăх массисем тимлесе ыйтнипе хĕрарăмсене панă суйлав прависене те капитализмлă чылай çĕршывсенче официальнăй тата официальнăй мар тĕрлĕ цензсемпе пÿлсе тăраççĕ.

Колониллĕ тата çурма колониллĕ çĕршывсенчи хĕрарăмсен пурнăçĕ уйрăмах питĕ йывăр. Индире пурăнакан 188 миллион хĕрарăмран 6 миллион хĕрарăм кăна суйлав правипе усă курма пултарать.

Англире хĕрарăмсене банк, сăрт-ту, вăрман тата инженер ĕçĕнче ĕçлеме ирĕк памаççĕ.

Японире чухăн çын хĕрĕсене фабрикăсенче ĕçлеме сутăн илесси халĕ те анлă сарăлнă. Правительство даннăйĕсем тăрăх çакă паллă: юлашки çулталăк çурă хушшинче Японире 7.500 хĕре сутнă.

Тĕнчери ĕçхĕрарăмĕсем çавăн пек асаплă пурнăçа текех тÿссе пурăнасшăн мар. Вĕсем пĕр тан правăллă пурнăçпа пурăнассишĕн, хăйсене пусмăрласа тăракан тискер йĕркесене пĕтерессишĕн тăрăшаççĕ. Çакна шута илсе, 1947 çулта Пĕрлешнĕ нацисен экономикăллă тата Социальнăй Совечĕ çумĕнче хĕрарăмсен прависем тĕлĕшпе ĕçлекен Комисси тунă, кунсăр пусне тата Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацине тунă. Çак федерацин секцийĕсем халĕ пур çĕршывсенче те ĕçлеççĕ.

Миршĕн кĕрешес ĕçре пархатарлă пысăк ĕç тунăшăн ултă хĕрарăм—Эжени Коттон (Франци), Пак Ден Ай (Корея), Моника Фелтон (Англи), Сун цзи Лин (Китай), Анна Зегерс (нимĕç писательници), Элиза Бранко (Бразили) «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» тĕнчери Сталинла премн лауреачĕн хисеплĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕ 1951 çулта хĕрарăмсен прависем тĕлĕшпе ĕçлекен Комиссне миршĕн кĕрешес ĕçе хĕрарăмсене хутшăнтармалла тăвасси çинчен ятарласа сĕнÿ тăратрĕ. Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕ (ООН) уставĕ тăрăх халăхсем хушшинчи мире хÿтĕлемелле пулин те, Англипе Америкăн ООН-ри представителĕсем çав сĕнĕве аяккалла сирсе хăварнă.

Сталин юлташ çапла каланă: «Мире сыхласа хăварас ĕçе халăхсем хăйсен аллине илсен тата ăна вĕçне çитиех хÿтĕлесен, мир сыхланса юлĕ тата тĕреклелĕ». Аслă çулпуçăн çак ăслă сăмахĕсем тĕнчери мĕнпур халăхсене миршĕн активлă кĕрешме хавхалантараççĕ.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕн 13-мĕш сессийĕ йышăннă решенисем хĕрарăмсен миршĕн пыракан кĕрешĕвне вăйлатма тата вăрçă вучĕ чĕртекенсен тискер планĕсене тăрă шыв çине кăларма пулăшаççĕ. Федераци совечĕ пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене чĕнсе калани йышăнчĕ, пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕ тата унăн ытти çĕршывсенчи организацийĕсем умĕнче тăракан задачăсене палăртса хучĕ, ачасене хÿтĕлемелли пĕтĕм тĕнчери куна мĕнле ирттернине итог турĕ, ачасене хÿтĕлес тĕлĕшпе малашне мĕн тумаллине кăтартса пачĕ.

Миршĕн тăракансен Пĕтĕм тĕнчери иккĕмĕш конгресĕнче Корея ĕçхĕрарăмĕсен представительници Пак Ден Ай тухса калани Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсене ишĕлтерекен Америкăри империалистла агрессорсене пĕтĕм тĕнче умĕнче хаяррăн айăпланă акт пулса тăчĕ.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕн 13-мĕш сессийĕн участникĕсем Америка империализмĕн Корейăри юнлă авантюрине пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăларчĕç. Америка империалисчĕсем хăйсен Корейăри ирсĕр ĕçĕсене Америка халăхĕнчен пытарса тăма тăрăшаççĕ. Анчах, темĕн чухлĕ тăрăшсан та, çав хăрушă ĕçсене халăхран пытарса тăма çук. Тĕрĕслĕх пурпĕрех çĕнтерет. Америка империалисчĕсем Корейăра мĕн хăтланнине Америка халăхĕ питĕ лайăх пĕлет. Америкăри таса чĕреллĕ çынсем хăйсене пусмăрласа пурăнакан империалистсене хирĕç кĕрешĕве çĕкленсе тухаççĕ.

Миршĕн пыракан пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ юхăмра Совет Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем малта пыраççĕ. Вĕсем пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене ирĕклĕхшĕн тата телейлĕ пурнăçшăн кĕрешме хавхалантараççĕ.

Хĕрарăмсемшĕн пирĕн çĕршывра тата халăх демократи çĕршывĕсенче тăрăшнă пек тăрăшни халиччен урăх нисta та пулман. Анчах Ленин—Сталин партийĕ пире халиччен тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларма нихçан та хушмасть. КПСС Центральнăй Комитечĕ хĕрарăмсене пысăк ĕçсем шанса парассине государствăллă пысăк ĕç тесе шутлать. Парти пире хĕрарăмсене политикăллă воспитани парас ĕçе вăйлатнăçемĕн вăйлатса пыма хушать. Хĕрарăмсем производствăра, политикăллă тата обществăллă пурнăçра, ачасем пăхса çитĕнтерес ĕçре малашне те активлă ĕçлетчĕр тесе, вĕсен ĕç условийĕсемпе йăла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе малашне тата та нумай тăрăшмалла. Хĕрарăмсен производствăри, йăлари тата вĕренÿри условийĕсене лайăхлатассишĕн тимлĕн тăрăшасси партипе совет тата комсомолпа профсоюз организацийĕсен пысăк ĕçĕ пулса тăрать. Совет хĕрарăмĕсем, чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлесе, пирĕн халăха коммунизм строительствинче пысăк çитĕнÿсем тума пулăшаççĕ. Вĕсем малашне те халăх хуçалăх планне срокчен тултарассишĕн, Тăван çĕршывăн экономикипе культурине чечеклентерсе аталантарассишĕн тата коммунизмшăн кĕрешекенсен малти ретĕнче пулĕç.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезĕчĕн решенийĕсемпе, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă ĕçĕпе тата съездра вăл каланă историллĕ сăмахпа хĕçпăшалланнă совет хĕрарăмĕсем малашне те хăйсем миршĕн кĕрешекенсен малти ретĕнче пулассине çирĕппĕн шанса тăраççĕ.

З. АНДРЕЕВА,

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ.

(«Агитатор блокночĕн» 5-мĕш номерĕнчен кĕскетсе пичетленĕ).



Пирĕн республикăри çичĕ колхозницăна вăрçă хыççăнхи çулсенче вăйлă тырпул туса илнĕшĕн Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне панă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: пирĕн республикăри колхозсенчи Социализмлă Ĕç Геройĕсем (сулахайран сылтăмалла) Т. Ф. Кадырева, К. К. Крошина, А. К. Петрова, М. Д. Лаврентьева, В. Т. Попкова, В. С. Григорьева тата М. В. Саканина.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## вилнӗ пирки пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх чӗререн хурланать

### *Китай Халӑх Республики*

ПЕКИН, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен аслӑ ҫулпуҫӗ И. В. Сталин юлташ вилни ҫинчен пӗлтерекен хыпар пӗтӗм Китай халӑхне калама ҫук хурлантарчӗ. Пекин хулинче халӑх урамсене тухнӑ, пур ҫӗрте те ҫынсен нумай.

Пекинра траур. Государство ялавӗсене чалӑштарнӑ.

Китай халӑхӗн чи сывӑх тусӗ Сталин юлташ вилнӗ пирки чӗререн хурланни ҫинчен пӗлтерме Пекинри нумай пин ҫынсем вӗсемӗр Совет посольствине пырса тӑраҫҫӗ. Кунта тӗрӗ вырӑнсенчен ирса пынӑ чечексемпе илемлетнӗ, хӗскемпе тытнарнӑ аслӑ Сталин портречӗ.

Совет посольствине Китайри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн членӗсем, Мао Цзэ-дун председательпе пӗрле, ҫакӑн пекех тата Китай Халӑх Республикин государство, политика тата общество деятелӗсем пырса килнӗ. Совет посольствине Китайри мӗнпур хуласенчен чӗререн хурланни тата совет халӑхне пӗрле кулянни ҫинчен пӗлтересе питӗ нумай телеграммӑсем килсе тӑраҫҫӗ.

Паян Совет посольствинче пулнӑ нумай ҫынсем аслӑ Сталин вилнӗ пирки хурлании ҫинчен, тата пӗтӗм тӗнчипе мир туса хураснишӗн совет халӑхӗпе пӗрле тата тачӑрах пӗтӗҫме хатӗр тӑни ҫинчен хӑйсен шухӑшӗсене ҫырса хӑварнӑ.

### *Чехословаки*

ПРАГА, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн, совет халӑхӗ тата мӗнпур прогрессивлӑ этемлӗх умне тухса тӑнӑ пысӑк хурлӑха Чехословаки халӑхӗ йывӑррӑн тӳссе ирттерет.

Чехословакири ӗҫҫыннисем Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки чӗререн хурланаҫҫӗ.

«Руде право» хаҫат тата София хулинче тухакан ытти хаҫатсем Иосиф Виссарионович Сталин портретне, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ чӗнсе каланине, И. В. Сталинӑн чирӗпе вилӗмӗ ҫинчен совет медицини пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ.

И. В. Сталин вилни ҫинчен калакан хыпар пӗр самантрах пӗтӗм ҫӗршыва паллӑ пулса тӑнӑ. Заводсенче, фабрикӑсенче, шахтӑсенче, пӗрлӗхлӗ ялхуҫалӑх кооперативӗсенче траурлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ.

Паян Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Президиумӗпе Чехословаки республики правительствин пӗрлехи чрезвычайнӑй ларӑвӗ пулнӑ. Ларура Иосиф Виссарионович Сталин ятне асӑнса Чехословакири Коммунистсен партийӗн председателӗ, республика президенчӗ Клемент Готвальд доклад туса панӑ.

Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне, ССР Союзӗн Министрӗсен Советне тата СССР Верховнӑй Советне хурлӑхлӑ телеграмма яма йышӑннӑ.

Ларура парти членӗсене тата республикӑри мӗнпур ӗҫҫыннисене чӗнсе калани йышӑннӑ. Иосиф Виссарионович Сталин ятне асӑнма пӗтӗм ҫӗршывра траур ирттересси ҫинчен постановлени йышӑннӑ.

### *Польша Халӑх Республики*

ВАРШАВА, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Польша Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗ тата Польша Халӑх Республикин Государство Совечӗ Польша халӑхне чӗнсе каланинче ҫапла каланӑ:

Рабочисене, хресченсене, ӗҫлӗ интеллигенцие!

Польша хӗрарӑмӗсемпе ҫамрӑкӗсене!

Польша салтакӗсене!

Польша халӑхне!

Юлташсем, граждансем!

Пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх пирӗн саманӑри асларан та аслӑ ҫын Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен калакан йывӑр хыпара чӗререн хурланса йышӑнчӗ.

Совет Союзӗнчи халӑхсемпе пӗрле ҫак йывӑр ҫухатӑва Польша халӑхӗ уйрӑмах тарӑннӑн та чӗререн хурланса йышӑнать, мӗншӗн тесен вӑл хӑй гитлерла хаяр пусмӑртан ирӗке тухнишӗн, ҫӗнӗрен чӗрӗлсе тӑнишӗн, Польшӑн авалхи ҫӗрӗсене халӑха илнишӗн, хӑйӗн никама пӑхӑнманлӑхне тӗреклетнишӗн Иосиф Сталин юлташа чи тав тивӗҫлӗ.

Польша ӗҫҫыннисем ҫакна лайӑх пӗлеҫҫӗ: историлле социализмӑн улшӑнусем туса ирттерни, помещиксемпе капиталистсен пусмӑрӗнчен хӑтални, влаҫа ӗҫҫыннисем кӗрешсе илни тата халӑх хуҫалӑхне тӗреклетни, ҫӗнӗ пурнӑҫ тӑвас ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳсем туни—совет халӑхӗн тата унӑн тӑвалла пулӑшнин, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен массисен ҫулпуҫӗпе учителӗ, пирӗн халӑхӑн аслӑ тусӗ Иосиф Сталин пирӗншӗн атте пек чӗререн тӑрӑшнипе уйрӑлми тачӑн ҫыхӑнса тӑнине туятпӑр.

Ҫак йывӑр самантра эпир уйрӑмах Польша халӑхӗ Советсен аслӑ ҫӗршывӗпе чӗререн тата уйрӑлми тачӑн ҫыхӑнса тӑнине туятпӑр. Ҫак йывӑр самантра эпир Иосиф Сталин хавхалантарнӑ, хавхалантаракан тата малашне те хавхаланса пыракан пӗтӗм тӗнчери мир лагерӗн никам ҫӗнтерейми вӑйӗпе пӗтӗҫӳлӗхне туйса тӑратпӑр.

Миршӗн, халӑхсен ирӗклӗхӗшӗн тата социализмшӑн кӗрешес ӗҫре пирӗн йӗкӗлӗлӗ сыхӑнӑ тӑваннӑх пирӗн нихӑҫанхинчен те вӑйлӑрах. Ҫак кӗрешӳре эпир аслӑ Ленинӑн—Сталинӑн паттӑр партийӗнчен вӗренетпӗр.

Польшӑри пӗрлешнӗ рабочисен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Польша Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗпе Государство Совечӗ ӗҫҫыннисене тата Польша халӑхне пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен вилӗмсӗр ҫулпуҫне чыс туме чӗнеҫҫӗ.

Унӑн вӗрентӗвне пурнӑҫа кӗртсе, мирпе тата социализмшӑн пыракан кӗрешӳре пирӗн халӑхӑн пӗтӗҫӳлӗхне, вӑйне тата пӗрлӗхне ывӑнма пӗлмесӗр тӗреклетӗр!

Пуллен паттӑрӑн ӗҫленине хамӑрӑн пилӗ халӑх хуҫалӑхне — ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗпе культурӑллӑ шайне ӳстермелли никӗсе аталантарса вӑйлатӑр!

Польша ҫарне—пирӗн чикӗсен тата пирӗн тӑван ҫӗршывӑн ирӗклӗхӗн шанчӑклӑ хуралне юратӑр, ӑна пулӑшӑр!

Вӑрҫӑ чӗртекен империалистсен — Польша тӑшманӗсен мӗнпур йышши кирревсӗр кавар ӗсене пӗтерме сыхӑлӑха ывӑнма пӗлмесӗр ӳстерӗр!

Пирӗн халӑх государствин вӑйӗсене—пирӗн никама пӑхӑнманлӑхӑн тӗрекне, пӗтӗм тӗнчери мир лагерӗн уйрӑлми пайӗ пулса тӑракан ҫӗршывӑн вӑйӗсене ӳстерӗр,—ҫак лагерӗн ялавӗ вӑл Сталин пулса тӑрать.

Сталин ячӗпе, унӑн вӗрентӗвӗпе хӗҫпӑшалланса, тӑшман хирӗҫӗвне ҫӗмӗрсе пырса, СССР халӑхӗсемпе тӑванла ҫыхӑнӑва тӗреклетсе, рабочи класпа унӑн партийӗ ертсе пынипе малалла — ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсем патне, хамӑрӑн никама пӑхӑнманлӑха тӗреклетесси патне, мирпе социализм патне!

### *Болгари*

СОФИЯ, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен ҫулпуҫӗпе учителӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен пӗлтернӗ хыпара пӗтӗм Болгари халӑхӗ чӗререн хурланса йышӑнчӗ.

Болгари Халӑх Республикин столицинче—София хулипе, ҫӗршыври хуласемпе ялсенче траур. Пур ҫӗрте те хурлӑхлӑ пухусемпе митингсем пулса иртеҫҫӗ.

Паян Вылко Червенков председатель пулса ертсе пынипе Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн, Болгари Министрӗсен Совечӗн, Халӑх Пухӑвӗн Президиумӗн, Отечественнӑй фронтӑн Центральнӑй Совечӗн хурлӑхлӑ ларӑвӗ пулнӑ.

Лару Болгари халӑхне чӗнсе калани йышӑннӑ. Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки хурланса пӗтӗм халӑх траурӗ ирттерме йышӑннӑ.

Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Болгари Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗ, Халӑх Пухӑвӗн Президиумӗ тата Отечественнӑй фронтӑн Нацилӗ Совечӗ парти членӗсене, Отечественнӑй фронт членӗсене, мӗнпур ӗҫҫыннисене чӗнсе каланинче ҫапла каланӑ:

«...Совет халӑхӗсен тата мӗнпур этемлӗхӗн историйӗнче Иосиф Виссарионович Сталинӑн аслӑ ячӗпе аслӑ ӗҫӗ ҫиҫсе ҫуталса тӑрать, вӑл ӗмӗр ҫуталса тӑрӗ.

Пирӗнтен хамӑр юратнӑ тата тӑван учителӗмӗр, ҫулпуҫӑмӑр тата аттемӗр Иосиф Виссарионович Сталин уйрӑлса кайрӗ. Болгари халӑхӗ ӑна хӑй фашизмран тата капитализм пусмӑрӗнчен хӑтӑлнишӗн, хӑй нацилӗ пулса ирӗклӗ пурӑннишӗн хисеплеме тивӗҫлӗ.

Хӑватлӑ Совет Союзӗ пулӑшнипе кӑна тата Сталин юлташ пулӑшнипе кӑна пирӗн халӑх Американпа Англи империалисчӗсем пусмӑрласа тӑнинчен сыхланса юлма, хӑйӗн территорине сыхласа хӑвармa, хӑйӗн хуҫалӑхне ура ҫине тӑратма, социализм строительстви ҫулӗпе хӑюллӑн малалла кайма пултарчӗ. Сталин юлташсӑр, Совет Союзӗсӗр тата вӑл тӑванла пулӑшнисӗр эпир пӗрремӗш пилӗк ҫуллӑх плана тӑватӑ ҫулта тултарма пултарайман пулӑттӑмӑр, паян ҫӗнӗ пилӗк ҫуллӑха пурнӑҫлама пысӑк шанӑҫпа тытӑнайман пулӑттӑмӑр.

Совет Союзӗнчи халӑхсемпе тата пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисемпе пӗрле рабочисем, хресченсем, интеллигенци, халӑх ҫарӗ, пӗтӗм Болгари халӑхӗ хӑйсен ҫулпуҫӗпе учителӗ, чи лайӑх тусӗпе хӳтӗлекенӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки чӗререн кулянаҫҫӗ.

Ҫакӑ йывӑр кунсенче пирӗн халӑх совет халӑхӗпе ҫирӗп туслӑ пулнине тата ытларах тӗреклетет. Ҫак сыхӑну пире, кашни чӗрчуна сывлӑшпа хӗвел кирлӗ пулнӑ пекех, кирлӗ.

Сталин юлташ ячӗ пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисен чӗринче ӗмӗр пурӑнӗ, вӑл пирӗн халӑха хӑйӗн телейӗпе ырӑ пурнӑҫшӑн пыракан кӗрешӗвӗнче хавхалантарса, ҫунат хушса тӑрӗ».

### *Венгри*

БУДАПЕШТ, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Венгрири ӗҫҫыннисем хӑйсен аслӑ тусӗ, хӑйсене ирӗке кӑларакане, пӗтӗм ӗҫҫынни этемлӗхӗн ҫулпуҫӗ И. В. Сталин вилни ҫинчен пӗлтерекен хыпара чӗререн хурланса йышӑнчӗҫ. Предприятисенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ. Будапешт урамӗсене траурлӑ ялавсем кӑларса ҫакнӑ.

Аслӑ совет халӑхӗпе ҫума-ҫумӑн тӑрса, тесе ҫырать «Сабад неп» хаҫат, хӑйне ирӗке кӑларакан ӗн тата пӗтӗм Венгри халӑхӗн аслӑ тусӗн тупӑкӗ умӗнче тӑрать. Пирӗн халӑхӑн пӗтӗм истори тӑршшӗнче Венгри халӑхӗшӗн аслӑ Сталин пек нумай тӑрӑшнӑ пӗр ҫын та пулман. Пирӗн ҫӗршыва чи йывӑр сехетсенче Сталин юлташ пек пулӑшни, Венгри халӑхӗ ирӗке тухнӑранпа иртнӗ пӗтӗм ҫулсем хушшинче Венгри халӑхӗн ҫӗнӗ пурнӑҫ калчисене Сталин юлташ пек юратса пӑхса ҫитӗнтерни урӑх пӗр ҫын та пулман.

Эпир сана, Сталин юлташ, яланах шанчӑклӑ воинсем пулма, пирӗн хаклӑ, эсир пулӑшнипе ирӗке кӑларнӑ тӑван ҫӗршывӑн ӗҫе юратакан паттӑр ывӑлӗсем пулма, мирпе пролетарилле интернационализмӑн, коммунизмӑн аслӑ ӗҫӗшӗн паттӑррӑн кӗрешекенсем пулма сӑмах паратпӑр.

### *Румыни*

БУХАРЕСТ, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Паянхи хаҫатсем Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ.

Румыни халӑхӗшӗн, тесе ҫырать «Скынтейя» хаҫат, И. В. Сталин юратнӑ тус, ирӗке кӑларнӑ, социализмлӑ ҫӗнӗ пурнӑҫ тума хӑйӗн ашшӗ пек пулӑшса, телей патне пымалли ҫула уҫса панӑ ҫын пулса тӑрать. Пысӑк хурлӑх килсе тухнӑ кунсенче мирлӗ пурнӑҫа юратакан мӗнпур халӑхсем, вӑл шутра Румыни халӑхӗ те, Румынири рабочисен халӑх партийӗ ертсе пынипе, хӑйсен речӗсене Ленин—Сталинӑн никам ҫӗнтерейми ялавӗ тавра, тата тачӑрах пӗтӗҫтереҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен пӗтӗҫӳлӗхӗпе пӗрлӗхне, сыхӑлӑхне, социализмпа мир вӑйӗшӗн кӗрешме хатӗр тӑнине вӑйлатаҫҫӗ. Социализмпа мир лагерӗн пуҫӗнче Совет Союзӗнчи Коммунистсен мухтавлӑ та паттӑр партийӗ ертсе пыракан совет халӑхӗ пырать. Ҫак партие Ленинпа Сталин туса хунӑ, вӗрентсе пиҫӗхтернӗ.

Румыни халӑхӗ патриотла тата интернационалла чи пысӑк тивӗҫӗ вӑл—хӑйӗн вӑйӗсемпе хӑвачӗсене социализм тӑвас ӗҫре темиҫе хут ӳстересси, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн пысӑк пуянлӑхӗнчен вӑй илсе тӑрасси, аслӑ совет халӑхӗпе тытакан ҫирӗп туслӑха куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхласси тата ӑна ялан тӗреклетесси пулать, тесе шутлать.

Румыни Халӑх Республикинчи предприятисемпе учрежденисенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ.

---

### МОНГОЛИРИ РЕВОЛЮЦИЛЛӖ ХАЛӐХ ПАРТИЙӖН ЦЕНТРАЛЬНӐЙ КОМИТЕЧӖН ПЛЕНУМӖ

УЛАН-БАТОР, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Монголири революцилле халӑх партийӗн Центральнӑй Комитечӗн черетлӗ пленумӗ пулса иртнӗ. Пленум Монголи халӑх республикин пӗрремӗш пилӗк ҫуллӑх планӗн итогӗсем ҫинчен Монголири революцилле халӑх партийӗн Центральнӑй Комитечӗн секретарӗ Дамба тунӑ доклада тата аратсен производствӑллӑ пӗрлешӗвӗсене организаципе хуҫалӑх тӗлӗшӗнчен тӗреклетесси ҫинчен партин Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗ Сурунжаб тунӑ доклада итленӗ. Сӳтсе явнӑ ыйтусем тӑрӑх решенисем йышӑннӑ.

Центральнӑй Комитет пленумӗнче организацилле ыйтусем пӑхса тухнӑ. Пленум ЦК Политбюровӗн членӗсен кандидатне Ширендыба ЦК Политбюровӗн членне, Центральнӑй Комитетӑн пропагандӑпа агитаци енӗпе ӗҫлекен секретарьне Сосорбармана ЦК Политбюровӗн членӗсен кандидатне суйланӑ. ЦК пленумӗ Центральнӑй Комитетӑн промышленность, транспорт тата суту-илӳ енӗпе ӗҫлекен секретарӗ пулма Дугурсуруна суйланӑ.

Центральнӑй Комитетӑн Политбюро членне Сурунжаба, хӑйӗн ӗҫӗ пысӑк пулнӑ пирки, пленум Партилле контроль комиссийӗн ӗҫӗсенчен хӑтарнӑ. Пленум Монголири революцилле халӑх партийӗн Центральнӑй Комитечӗн организацилле структурине тата партин аймаксенчи комитечӗсен структурине улшӑнусем кӗртмелле тунӑ.

---

### РУМЫНИ ХАЛӐХ РЕСПУБЛИКИНЧЕ И. В. СТАЛИН ПРОИЗВЕДЕНИЙӖСЕНЕ ПИЧЕТЛЕСЕ КӐЛАРНИ

БУХАРЕСТ, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Румыни телеграф агентстви ҫапла пӗлтерет:

И. В. Сталин произведенийӗсене Румыни Халӑх Республикинче ҫӗршер пин экземпляр пичетлесе кӑларнӑ. И. В. Сталин сочиненийӗсен 13-мӗш томӗ тухнӑ. И. В. Сталинӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ генилле произведенине 200 пин экземпляр пичетлесе кӑларнӑ. И. В Сталин КПСС XIX-мӗш съездӗнче каланӑ историлле сӑмаха 560 пин экземпляр тиражпа кӑларнӑ.

1952 ҫул вӗҫӗнче И. В. Сталинӑн «Ленинизм ыйтӑвӗсем» ятлӑ ӗҫӗ румын чӗлхипе виҫҫӗмӗш хут пичетленсе тухнӑ. Унӑн тиражӗ—100 пин экземпляр. И. В. Сталин Мускав хулинчи Сталински суйлав округӗнчи суйлавҫӑсен суйлав умӗнхи пухӑвӗсенче 1937 ҫулхи декабрӗн 11-мӗшӗнче тата 1946 ҫулхи февралӗн 9-мӗшӗнче каланӑ сӑмахсене те уйрӑм брошюрӑсем туса ҫӗршер пин экземпляр кӑларнӑ.

И. В. Сталинӑн «Марксизм тата чӗлхе вӗрентӗвӗн ыйтӑвӗсем» ятлӑ марксизм-ленинизмӑн классикӑллӑ произведенине румын, венгер, нимӗҫ чӗлхипе пӗтӗмӗшпе 200 пин экземпляра яхӑн пичетлесе кӑларнӑ. И. В. Сталинӑн «ВКП(б) историйӗн кӗске курсне» румын тата венгер чӗлхипе пӗр миллион экземпляр пичетлесе кӑларнӑ.

---

### КИТАЙРА «АСЛӐ СТАЛИН ҪИНЧЕН ҪЫРНӐ КАЛАВСЕМ» ЯТЛӐ КӖНЕКЕНЕ ВИҪҪӖМӖШ ХУТ ПИЧЕТЛЕСЕ КӐЛАРНӐ

ШАНХАЙ, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Шанхайри «Эпоха» издательстви «Аслӑ Сталин ҫинчен ҫырнӑ калавсем» ятлӑ кӗнекене виҫҫӗмӗш хут пичетлесе кӑларнӑ. Кӗнекере И. В. Сталинӑн кӗрешӳри юлташӗсем тата унӑн ученикӗсем вӑл 1905 ҫулта Кавказ леш енче революцилле ӗҫсем туни ҫинчен аса илнисене пичетлесе кӑларнӑ.

«Вэньгуйбао» хаҫат ҫак кӗнеке ҫинчен вулакансен ҫырӑвӗсене пичетлесе кӑларнӑ. Аслӑ Сталин, тенӗ ҫав ҫырусенчен пӗринче, пӗтӗм этемлӗхӗн учителӗ.

— «Аслӑ Сталин ҫинчен ҫырнӑ калавсем» кӗнекерен эпир пирӗн ҫулпуҫсем революцие мӗн пек йывӑр условисенче ертсе пынине лайӑх куратпӑр. Ҫак кӗнекене вуласа тухнӑ хыҫҫӑн телейлӗ коммунизм самани часах килсе ҫитессине тата ытларах шанакан пултӑмӑр,—тесе ҫырать вулакансен тепӗр ушкӑнӗ.

---

### ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ХӖРАРӐМСЕН КОНГРЕСНЕ ХАТӖРЛЕННИ

МОНТЕВИДЕО, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Бразилире тухса тӑракан «Импренса популар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Бразилири хӗрарӑмсен федерацийӗ Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен конгресне хатӗрленме тытӑннӑ. Федераци Рио-де-Жанейро, Сан-Пауло, Пернамбуко штачӗсенче пулса иртекен ассамблейӑсене хӗрарӑмсене хутшӑнтармалла тӑвас тӗлӗшпе хатӗрленӳ ӗҫӗсем туса ирттерет.

Пернамбуко штачӗн столицинче—Ресиф хулинче пулса иртекен ассамблейӑна хатӗрленес тӗлӗшпе ӗҫлекен пуҫарулӑх комисси членӗсем ытти штатсенчи хӗрарӑмсем хушшинче ӑнлантару ӗҫӗсем туса ирттереҫҫӗ. Вӗсем Рио Гранде-де-Норте тата Параиб штачӗсенче пулнӑ. Баия штатӗнчи общественноҫӑн нумай йышлӑ представителӗсем Ресиф хулинче пулса иртекен ассамблея ӗҫне ырласси ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Эспирито-Санто штатӗнче мартӑн 22-мӗшӗнче штатри хӗрарӑмсен пухӑвӗ пулать. Вӗсен представителӗсем Рио-де-Жанейро штатӗнчи ассамблейӑна хутшӑнаҫҫӗ. Пухусемпе ассамблейӑсем хӗрарӑмсен юхӑмӗн пысӑк ыйтӑвӗсене, чи малтан, миршӗн, пурнӑҫ йывӑрланса ҫитнине хирӗҫ, ачасене хӳтӗлессишӗн кӗрешмелли ыйтусене сӳтсе яваҫҫӗ.

---

*Хамӑр республика тӑрӑх*

## Ялав илни ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума хавхалантарать

ПЕРВОМАЙСКИ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи малтанхи ҫулсенче районти чылай колхозсенче хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫ кая юлнӑ отраслӗсенчен пӗри пулнӑ. 1950 ҫулта хӗл каҫнӑ пыл хурчӗсен ҫемйисен шучӗ 1.264 шутланнӑ, вӗсенчӗн вӑтам шутпа кашнинчен план тӑрӑх 29-шар килограмм пыл илмелле пулнӑ пулсан, 20-шер килограмм ҫеҫ илнӗ. Тӑватӑ колхозра утар пулман.

Вак колхозсем пӗрлешсе пысӑкланнӑ хыҫҫӑн хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫ палӑрмаллах лайӑхланчӗ. Утарсенче ӗҫлекенсен ӗҫ опычӗ ӳссех пырать. Район 1951 ҫулта хурт-хӑмӑр ӗрчетес енӗпе ҫитӗнӳ турӗ: сезон вӗҫленнӗ тӗле 1.368 ҫемьерен 1.833 ҫемьене ҫитрӗ, вӑтам шутпа кашни хурт-хӑмӑр ҫемйинчен 55-шер килограмм пыл пухса илнӗ. 23 колхозран 19-шӗ хурт-хӑмӑр ӗрчетмелли плана тултарчӗҫ, 7 колхозри утарсенче вӗллесен хисепӗ 100 ҫемьерен пуҫласа 400 ҫемье таран ӳсрӗ.

Калинин ячӗпе тӑракан колхоз хурт-хӑмӑр ӗрчетес тӗлӗшпе районта ҫеҫ мар, республикӑра та чапа тухрӗ. 1951 ҫулта кунта хурт-хӑмӑр ҫемйисен хисепне 399 ҫемьене ҫитернӗ, кашни вӗллерен 61,3 килограмм пыл илнӗ, хурт-хӑмӑр ӑстисем колхоз складне 11.173 килограмм таварлӑ пыл пухса панӑ. Халӗ колхозӑн виҫӗ утар. 1952 ҫулта пыл хурчӗсен йышӗ 468 ҫемьене ҫитнӗ. План тӑрӑх кашни ҫемьерен 32 килограмм пыл илмелле пулнӑ пулсан, ҫанталӑк условийӗсем начаррине пӑхмасӑрах 50-шар килограмм пухса илнӗ. П. Никишов юлташ пӑхакан утарти рекордлӑ хӑшпӗр ҫемьесем 120-шер килограмм пыл панӑ. Хурт-хӑмӑр ӑстисем И Иванов, П. Никишов, Н. Нестеров юлташсем хӑйсен ӗҫри опытне ӳстерсе пыраҫҫӗ. Кунта юлашки ҫулсенче пылпа ӑвӑс нумай илме пулӑшакан икӗ корпуслӑ вӗллесем ытларах партма тӑрӑшаҫҫӗ.

Хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫ Сталин ячӗпе тӑракан колхозра та (утар заведующийӗ А. Поляков юлташ) хӑвӑрт аталанса пырать. Ку колхоз 1952 ҫулта пыл хурчӗсен йышне 178 ҫемьерен 253 ҫемьене ҫитерчӗ. Планпа 1.780 килограмм таварлӑ пыл илмелле пулнӑ пулсан, 2.886 килограмм илнӗ, ӑвӑс пухса илмелли плана 220 процент тултарнӑ.

Хӑшпӗр колхозсенче пыл хурчӗсем шӑркалантарнипе пысӑк тухӑҫлӑ курӑк вӑррисем пухса кӗртеҫҫӗ. Сӑмахран, «Путь коммунизма» колхоз 1951 ҫулта пыл хурчӗсемпе шӑркалантарса кашни гектартан 3-шер центнера яхӑн клевер вӑрри пухса кӗртнӗ. Государствӑна клевер вӑрри парса колхоз 100 пин тенкӗ ытла тупӑш курнӑ. Ҫав вӑхӑтрах Маленков ячӗпе тӑракан, «Красная Чувашия» колхозсенче пыл хурчӗсемпе шӑркалантарман участоксенче клевер вӑррин тухӑҫлӑхӗ гектар пуҫне 50—60 килограмм ҫеҫ пулнӑ.

Колхозсем вӗлле хурчӗсем валли ятарласа пыл курӑкӗсем акма пуҫларӗҫ. 1951 ҫулта Калинин ячӗпе, Карл Маркс ячӗпе тӑракан, «Новая сила» колхозсенче пурӗ 4 гектар ҫинче пыл паракан фацели акнӑ пулсан, 1952 ҫулта ҫав курӑка 6 колхозра 16 гектар акнӑ.

Районти ялхуҫалӑх пайӗ тата унӑн агроном-пчеловочӗ В. Романов юлташ хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫе вӑйлатма колхозсене пулӑшаҫҫӗ. Ялхуҫалӑх пайӗ хурт-хӑмӑр ӑстисемпе канашлусем, семинарсем ирттерет, чи лайӑх утарсен опычӗпе паллаштарас тӗллевпе экскурсисем организацилет.

Колхозсенчи хурт-хӑмӑр ӑстисем И. Иванов, Н. Нестеров, П. Никишов, А. Поляков, С. Никитин, Е. Яковлев, И. Макаров, С. Николаев юлташсем утарсенче темиҫе ҫул хушши улшӑнмасӑр ӗҫлеҫҫӗ. Ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳ тунӑшӑн 15 ҫынна «Социализмлӑ ялхуҫалӑхӗн отличникӗ» ятлӑ значокпа наградӑланӑ.

Ҫак кунсенче хурт-хӑмӑр ӑстисен районти канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Канашлу «Хурт-хӑмӑр ӗрчетес тӗлӗшпе юлашки ҫулсенче тунӑ ӗҫсен итогӗсем тата районти колхозсенче пыл хурчӗсем ӗрчетес тӗлӗшпе тӑракан задачӑсем ҫинчен» райсовет исполкомӗн председателӗ Г. Савинов юлташ тунӑ доклада сӳтсе яврӗ. Канашлура пулнисем хӑйсен ӗҫӗнчи опытсем ҫинчен, ӗҫри ҫитменлӗхсемпе чӑрмавсем ҫинчен каласа пачӗҫ, хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫе тата ытларах вӑйлатмалли майсене палӑртрӗҫ.

Канашлура пулнисем, хурт-хӑмӑр ӗрчетес тӗлӗшпе пысӑк ҫитӗнӳсем тӑвассишӗн тӑрӑшса ӗҫлеме пулса, социализмлӑ обязательство йышӑнчӗҫ. Кӑҫал районӗпе кашни вӗллерен 50 килограмран кая мар пыл, 800 грамран кая мар ӑвӑс, 25 килограмран кая мар таварлӑ пыл илмелле.

Хурт-хӑмӑр ӗрчетес тӗлӗшпе малта пыракан Калинин ячӗпе тӑракан колхоз пыл хурчӗсен йышне 600 ҫемьене ҫитерме, кашни ҫемьерен 80 килограмм пыл, 1.000 грамм ӑвӑс, хурт-хӑмӑр ӑсти П. Никишов юлташ хӑй пӑхакан утарти кашни вӗллерен 100 килограмм пыл, 1.500 грамм ӑвӑс пухма обязательство илчӗҫ.

Первомайски района, 1952 ҫулта колхозсенче хурт-хӑмӑр ӗрчетес тӗлӗшпе пысӑк ҫитӗнӳ тунӑшӑн, РСФСР Ялхуҫалӑх министерствин куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне панӑ. Район 1952 ҫулта хурт-хӑмӑр ҫемйисен йышне ӳстермелли плана 101,2 процент, пыл илмелли плана 136,7 процент, ӑвӑс пухса илмелли плана 108,5 процент, хурт-хӑмӑр ҫемйисем валли запас пыл хӑвармалли тата страховой фонд тумалли плана 104,3 процент тултарнӑ.

РСФСР Ялхуҫалӑх министерстви районти малта пыракан хурт-хӑмӑр ӑстисене, ялхуҫалӑх специалисчӗсене тата колхоз председателӗсене—пурӗ 18 ҫынна 5.625 тенкӗ укҫа парса премиленӗ Вӗсен хушшинче агроном-пчеловод В. Романов, ялхуҫалӑх пайӗн заведующийӗ Н. Андреев, Калинин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Н. Горшков тата хурт-хӑмӑр ӑстисем И. Иванов, П. Никишов, А Поляков, С. Никитин, И. Макаров юлташсем пур.

Хурт-хӑмӑр ӑстисем тунӑ ҫитӗнӳсемпе лӑпланса лармаҫҫӗ. Вӗсем РСФСР Ялхуҫалӑх министерствин куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне кӑҫал та хӑйсен аллинчех хӑварассишӗн тимлӗн кӗрешме пулаҫҫӗ.

**А. ТУКМАКОВ.**

---

## Экскурсире пулчӗҫ

ШАХАСАН. Молотов ячӗпе тӑракан колхозри виҫӗ ҫуллӑх агрозоотехника курсӗнче вӗренекенсем Ленин ячӗпе тӑракан колхозра экскурсире пулчӗҫ. Экскурсие агрономпа главнӑй зоотехник ертсе пычӗҫ. Экскурсие пынисене Ленин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ В. Павлов юлташ колхоз хуҫалӑхӗпе, ӗҫе мӗнле йӗркеленипе паллаштарчӗ. Юлашкинчен икӗ колхоз членӗсем пӗрле тӗл пулса калаҫрӗҫ, пӗр-пӗрин ӗҫ опычӗпе паллашрӗҫ.

— Пирӗн колхоз членӗсем,—терӗ Павлов юлташ,—ҫитес ҫуракине тӑрӑшсах хатӗрленеҫҫӗ. Кӑҫал эпир вӑйлӑ тырпул туса илессишӗн, выльӑх-чӗрлӗх йышне тата тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн тӑрӑшса ӗҫлетпӗр. Пирӗн колхозниксем 1953 ҫулта кашни ӗҫкунӗ пуҫне 3 килограмран кая мар тӗштырӑ тата 5 тенкӗрен кая мар укҫа илмелле тӑвассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Молотов ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем Ленин ячӗпе тӑракан колхозри колхозниксен паха опытне ырларӗҫ. Хӑйсен колхозӗнче ӗҫе лайӑх йӗркелеме, вӑйлӑ тырпулшӑн, йышлӑ выльӑх-чӗрлӗхшӗн ырми-канми кӗрешме пулчӗҫ.

**Т. СТЕПАНОВА.**

---

## Пӑрачкав совхозӗнче

Пӑрачкав совхозӗнчи рабочисем сурхунне акма паха вӑрлӑх хатӗрлерӗҫ. Вӗсем пӳрте вырӑнти условисенче пысӑк тухӑҫ паракан сортлӑ вӑрлӑхсем.

Халӗ уй-хире тислӗк кӑлараҫҫӗ. Тырӑсен калчине апат пама 40 тонна минераллӑ удобренисем хатӗрлесе хунӑ. 600 гектар ҫинче юр тытса хӑварнӑ.

Совхозри Александров, Бирюков, Волков тата Кочетков механизаторсем тракторсене, сеялкӑсене, культиваторсемпе сӳресене юсаса пӗтерчӗҫ.

**В. ТОНЫШЕВ.**

---

## *Колхозри радиоузел*

Ишлей районӗнчи «Знамя труда» колхозра ҫӗнӗрен туса пӗтернӗ радиоузел ӗҫе кӗчӗ. Халӗ колхозра 250 колхозник килӗнче радио калаҫать. Колхозниксем Мускавран тата Шупашкартан паракан хыпарсене тата концертсене питӗ интересленсе итлеҫҫӗ.

«Колхозник хаҫачӗ».

---

## Выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем параҫҫӗ

Первомайски районӗнчи чылай колхозсем 1953 ҫулхи I-мӗш кварталта государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем памалли плана срокчен тултарчӗҫ. «Агига», «Красная Чувашия», Ленин ячӗпе тӑракан колхозсем I-мӗш кварталшӑн ашкакай памалли плана чылай ирттерсе тултарчӗҫ. Кӑҫалхи икӗ уйӑх хушшинче сӗт памалли плана «Осоавиахим» колхоз 241 процент, Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхоз 119 процент, Ленин ячӗпе тӑракан колхоз 111 процент тултарчӗҫ.

«Коммунар».

---

## Ӗҫшӗн хушса тӳлени

Елчӗк районӗнчи «Автогигант» колхозри колхозница Л. Краснова 1952 ҫулта 9 сысна аминчен 168 ҫура илсе ӳстернӗ. Ӗҫшӗн хушса тӳлемелли йӗркепе Краснова юлташ 3 сысна ҫури илнӗ. Краснова юлташ кӑҫал хӑйне ҫирӗплетсе панӑ кашни сысна аминчен 20-шер ҫура илессишӗн тӑрӑшса ӗҫлет.

Мичурин ячӗпе тӑракан колхозри хозяйка М. Васильева иртнӗ ҫулта 9 ӗнерен 10 пӑру илсе ӳстернӗ. Ҫавӑншӑн вӑл 4 уйӑха ҫитнӗ пӗр пӑру илме тивӗҫлӗ пулчӗ. Ҫак колхозри конюх А. Королев 4 кӗсререн 4 тиха илсе ӳстернӗ. Вӑл хушса тӳлемелли йӗркепе 100 килограмм тырӑ илет.

«Колхоз ялавӗ».

Редактор В. Я ЯКОВЛЕВ.

---

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтерӗ: Халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен соединенийӗсем иртнӗ кун хушшинче Кымхва тата Кваилери районӗсенче Американпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман ҫарӗсене хирӗҫ оборонӑра тӑрса хаяррӑн ҫапӑҫнӑ.

Тӑшман пӗр полк вӑйӗпе, артиллери пулӑшса тӑнипе, тӑватӑ хутчен Кейнсан сӑрчӗн ҫурҫӗр пайӗнчи вырӑн ҫине хаяррӑн тапӑннӑ, анчах ӑна каялла хӑваласа янӑ, тӑшмана ҫухатусем кӳнӗ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй артиллерийӗ тата тӑшман самолечӗсене хирӗҫ кӗрешекен салтакӗсем тӑшманӑн 4 самолетне персе ӳкернӗ.

---

### ЧЕХОСЛОВАКИРЕ АМЕРИКА АГЕНЧӖСЕНЕ СУД ТУНИ

ПРАГА, мартӑн 6-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви ҫапла пӗлтерет: Прагӑра ҫар сучӗ Даниэла Каньковскайпа унӑн ушкӑнӗнчи ҫынсен ӗҫне пӑхса тухнӑ. Вӗсем Америка разведки панӑ задани тӑрӑх сутӑнчӑк Рудольф Сланские ют ҫӗршыва тартасшӑн пулнӑ.

Айӑпланакансем хӑйсен айӑпне пурте йышӑннӑ.

Суд Каньковскайа 13 ҫуллӑха, Доубравскине — 16 ҫуллӑха, Йинемана—3 ҫуллӑха тӗрмене хупса лартмалла тунӑ. Айӑпланакансене пурне те граждан прависӗр хӑварнӑ, Каньковскайӑн тата Доубравскин пурлӑхӗсене конфискацилене.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул Володарского. 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01026 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.